*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*




# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 12 (20145) • Вырсарникун, 1990 çулхи январĕн 14-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

# ЛИТВА ÇĔРĔ ÇИНЧИ ТĔЛПУЛУСЕМ

ВИЛЬНЮС, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС спецкорĕсем). КПСС Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕн, СССР Верховнăй Совечĕн Председателĕн М. С. Горбачевăн Литвари ĕççыннисемпе иртterекен тĕлпулавĕсем малалла пыраççĕ. Унăн пирвайхи херÿ кунĕнчи мĕнпур событисене, тăванла республикăри ĕççыннисем патĕнче ĕçлĕ çулçÿревпе пулнине телевидени передачисенче тĕплĕн çутатнă, радиопа трансляциленĕ. Паян ирхине тухнă хаçатсем совет руководителĕ хула урамĕсенче, завод клубĕнче, Пичет çуртĕнче иртнĕ калаçусем çинчен анлăн çыраççĕ.

Иккĕмĕш кун Шяуляйри — столицăран 200 ытла километрта вырнаçнă, пысăк индустрипе культура центрĕнчи — ĕççыннисемпе тĕлпулусем иртterме палартнă. Хула çывăхне пырса çитнĕ чухне М. С. Горбачева Шяуляй çыннисем хупăрласа илнĕ. Ушкăнсенчен пĕрин патне пырса, вăл хăйне кĕтсе илекен транспарантсене вулать.

Шутласа пăхăр-ха, тет вăл, ăçтан сиксе тухаççĕ-ха çакнашкал тĕлĕнмелле «саламсем», пĕрисем, акă, республикăран «воин-оккупантсене» илсе тухма чĕнсе калаççĕ, е «КПССа пытаратпăр» тесе çырнă тупăк ÿкерсе хураççĕ. Çакнашкал е ытти терлĕ фактсене сирĕн патăрта кăна мар курма пулать. Анчах, атьăр-ха сÿтсе явар. Ĕçлĕ халăхра Совет Çарĕн воинĕсемпе, Коммунистсен партийĕпе йĕркеллĕ хутшăнусемех-и?

**Сасăсем:** Йĕркеллĕ, Михаил Сергеевич. Çавнашкал курнăçланнипе килĕшместпĕр.

***М. С. Горбачев:*** Санă вара, юлташсем, питех кирлĕ те. Мĕншĕн тесен республикăри лару-тару мĕнле пуласси, юлашки вăхăтра вăл уйрăмах йывăрланнăчĕ, чи малтанах ĕçлĕ халăхăн, хресченсен, интеллигенцин, рабочисен позицийĕнчен килет. Алла кисть тытса хапхасем çине çавнашкал ÿкерчĕксем тума пуçланă тата телевидени экранĕсемпе хаçатсен полосисем çинче ытларах та ытларах курăнма пикенне хĕ-

май манăн ĕпер мĕн каланине малалла тăсас килет. Пĕрремĕшĕ: литва çыннисем, паллах, çĕнетĕве пула. Литвана çĕнетсе аталантарса, чĕлхе культурине сыхласа хăварса, хăйсен çĕрĕ çинче хăйсене пăнчăкларах туйма тивĕçлĕ. Енчен те вĕсем хăйсене япăх туяççĕ пулсан, пирĕнпе сире те япăх пулать. Çавăнпа та халăхсен пĕрлĕхне аркатма, вĕсене пĕр-перинпе хирĕçтерме хăтланакансем чĕнсе каланиссене итлес мар. Çĕнетĕве эпир çакăнпăн пуçламан.

**Сасă:** Михаил Сергеевич, эпир кунта ялапах мирлĕ пурăннă. Шухăшласа пăхăрха, миçе çул пĕрле пурăннă, никам та нихçан та мĕнле чĕлхепе калаçнине палартман, кашниех хăй пултарнă таран вăй хуни пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнă. Халĕ вара хисепре мар ку. Çак çулйĕрпе аталанма тивĕçлĕ-и вара пирĕн Литвари демократи? Çĕнетĕве пуçласа, вĕççĕр-хĕрсĕр демократи çинчен калаçса, çакăн пек демократи патне пырса çитме тăрăшрăмăр-и вара эпир. Литва çĕрне эпир хисеплетпĕр, пирĕн мăн асаттесем кунтан аякра выртаççĕ пулин те, ĕçе юрататакан Литва хресченĕсене хисеплетпĕр. Анчах мĕншĕн-ха халĕ эпир Литва çĕрне хисеплени нимĕ те пĕлтермест?

**М. С. Горбачев:** Ман шутпа, Литвара халĕ çакăн пек политика тытса пыракансен кунти парти, совет, хуçалăх организацийĕсене ертсе пыма право çук.

Çак сивĕч тата пурне те пăшăрхантаракан темăпа пуçланнă калаçăва, тÿрех калар, çынсем хăйсем те хутшăнаççĕ. Хумханса калаçаççĕ вĕсем. Хĕрарăмсен куççуль тухать. Вĕсенчен пĕри, самолетсем юсакан заводра ĕçлекен В. Г. Морковкина, хăйне РСФСРти хулисенчен перинче пурăнма хваттер сĕнес пулсан, «çак ахăрсамаран» çăлăнма ырăнах хатĕр пулни çинчен пĕлтерет.

Хула урамĕсенче машина тата темиçе хутчен чарăннă. Çынсем Мускаври çĕнĕ хыпарсемпе интересленнĕ. Верховнăй Совет çĕнетевĕн тĕп законĕсене хăçан çирĕплетме шутлани çинчен ыйтнă. Кирек ...



Шяуляй. Январĕн 12-мĕшĕ. Хула урамĕсенчен пĕринче чарăннă самантра. («Труд» хаçатран).

шăпине таптама тытăнсан — нимĕн те пулмĕ.

**Саса:** Хăшĕсем каланă тата çырнă пек, вырăссене кÿрентерместпĕр тата ниçта та хăваласа яма шутламастпăр. Анчах пĕртен-пĕр япалана çеç ăнланма пултараймастпăр эпир: вырăссем телевизорпа Россиăри пушанса юлнă ялсем çине мĕнле чун-чĕрепе лăпкăн пăхма пултараççĕ-ха, хăйсен тăван çĕрĕ пушанса юлнăшăн мĕншĕн чĕри ыратмасть вĕсен?

**М. С. Горбачев:** Мĕншĕн-ха литва çыннисем çур ĕмĕр каярах хăйсен тăван ырăнĕсенчен тухса кайнă, сирĕн шутăрпа, вĕсем те хăйсен çĕрне майнă-и?

**Сасăсем:** Çăмăл мар вăхăт пулнă ун чухне, хăйсен ирĕкĕпе тухса каймарĕ вĕсем.

**М. С. Горбачев:** Çапла, çапла... пурнăç хистенĕ. Акă, ĕнер заводра белорус тухса каласрĕ, Минскра ĕçленĕ вăл, питĕ лайăх республикăра пурăнна, мĕнех, ăна та ...

эсир хăвăра ыттисенчен çÿлерех, аслăрах туйма пуçлани паларать. Çак туйăмран асăрханмалла, мĕншĕн тесен вырăс тăрăхĕсене таплаштарма пуçласан, эпĕ паянах Ставрополь крайĕпе, Краснодар крайĕпе таплаштарма пултаратăп.

**Сасă:** Пирĕн, Михаил Сергеевич, унти пек çĕр çук. Унта ылтăн çĕр.

**М. С. Горбачев:** Эсир ахалех лару-тарăва пирĕнпе уйрăлнипе лайăхлатма шутлатăр. Пачах урăхла, кашни çын хăй ĕçĕшĕн ответлеме, кашни халăх хăйĕн суверенитечĕпе, экономикăри хăйтелленлĕхĕпе хăй уса курма пултартăр тесен, пĕр-пĕрипе лайăхрах килĕштерсе ĕçлемелле. Çапла, çакна эпĕ тата темиçе хут çирĕплететĕп. Анчах вунпилĕк çулсем хушшин çирĕпленнĕ çыхăнусене татиине мар. Çавăн пек пулса тухас пулсан, Литва çеç мар йывăрлăха кĕрсе ÿкет. Енчен те эсир эпĕ Литвана хăратасшăн тесе шут-

çинчен калаçаççĕ, анчах çакна нихăш енчен те туймастпăр.

**А. Бразаускас:** Кунашкал япаласене ике эрнере тумасççĕ.

**М. С. Горбачев:** Сăмах май, çак поселока миçе çул хушши тунă, çакна илтнĕ-и эсир?

**Сасăсем:** 25—30.

**М. С. Горбачев:** Эсир вара экономикăри хăйтеллĕнлĕхне ике эрне хушшинче туллин уса курма тата çиттерменнине 300 миллионла Совет Союзне çĕнетсе лайăхлатма шутлатăр.

**Сасă:** Михаил Сергеевич, эпĕ çапла шутлатăп: ирĕклĕ, никама пăхăнман Компарти Литвари тата Союзри çĕнетĕве хавартлататъ.

**М. С. Горбачев:** Апла пулсан, акă мĕнле логика: Литва — Союзра, Компарти вара КПССран уйрăм?

**Сасăсем:** Çапла, çапла.

**М. С. Горбачев:** Апла пулсан, Литва ыйтăвĕсене пурне те, вăл Союзăн пĕр пайĕ ...

сăмах май, КПССра мĕнле çĕнелĕхсем кертме шутланине ырăп калаcа кăтартăп.

М. С. Горбачев колхозниксем патĕнче темиçе сехет хушши хăнара пулнă. Механика мастерскойĕнче тата П. Клусас механизатор çуртĕнче уçă кăмăлтан тата чĕререн килекен калаçусем пулса иртнĕ. Ача садĕнче ĕçлекенсем, ватăсен çуртĕнче пурăнакансем ăна ăшшăн кĕтсе илнĕ.

Кăнтăрла иртсен, М. С. Горбачев телевидени аппаратурин заводĕнче — индустри ... тивĕçлине мухтанакан заводра пулнă.

* * *

Январĕн 13-мĕшĕнче Литва ССРĕн столицинче республикăри парти активĕн пухăвĕ пулса иртнĕ.

Пухура М. С. Горбачев сăмах каланă.

Пуху ĕçне КПСС Центральнăй Комитечĕн Политбюро...

## Выльăх ĕрчетекенсен çитĕнĕвĕ

ÇĔМĔРЛЕ. Районти «Сура» агропромкомбината кĕрекен чылай хуçалăх пĕлтĕр выльăх самăртас тата аш-какай сутас енĕпе палăрмаллах ÿсĕм турĕ. Çулталăк пуçланнăранпа государствăна 30.291 центнер аш-какай хатĕрлесе панă. Ку çулталăкри планăн 110 процентне танлашать.

«Большевик» колхоз ĕççыннисем лайăх ĕçлеççĕ. Вĕсем заданипе пăхнă 3.150 центнер вырăнне 4.236 центнер аш-какай сутнă, çулталăкри плана 35 процент ирттерсе тултарнă.

Государствăна аш-какай сутас енĕпе çавăн пекех «Алгашинский», «Комбинат» совхозсем, Ленин ячĕпе хисепленекен колхоз ĕççыннисем ырă тĕслĕх кăтартнă.

Г. АЛЕКСАНДРОВ.

# КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

**Тивĕçлĕ округсенчи суйлав комиссийĕсем Чăваш АССР халăх депутатне суйлама тăратнă çак кандидатсене регистрациленĕ:**

### ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ ЛЕНИН РАЙОНĔ ТАРАХ

### 1-мĕш Дзержински суйлав округĕ

Геннадий Данилович **Данилов**, 1939 çулта çуралнă, КПСС Ленин район комитечĕн инструкторĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Виктор Петрович **Значков**, 1941 çулта çуралнă, Ленин районĕн прокурорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Роберт Анатольевич **Ильяной**, 1930 çулта çуралнă, Пурăнмалли çурт-йĕрпе коммуналлă хуçалăхăн Чăваш территори производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Николай Кириллович **Кириллов**, 1948 çулта çуралнă, Чăваш ялхуçалăх институчĕн проректорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Анатолий Афанасьевич ... на, КПСС Шупашкар хула комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Лидия Авинеровна **Попова**, 1954 çулта çуралнă, Чăваш государство юрăпа ташă ансамблĕн балет артистки, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Владимир Михайлович **Порфирьев**, 1950 çулта çуралнă, Чăваш АССР юстици министрĕн заместителĕ, ... лов, 1940 çулта çуралнă, И. Я. Яковлев ячĕпе хисепленекен Чăваш государство педагогика институтĕнчи кафедра заведующийĕ, Шупашкар районĕнчи Кÿкеç поселокĕнче пурăнать;

Николай Алексеевич **Степанов**, 1951 çулта çуралнă, Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствин Госавтоинспекци пайĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Николай Степанович **Степанов** 1935 çулта çуралнă, «Чувашстрой» территори строительство пĕрлешĕвĕн начальникĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### 15-мĕш Рябиновски суйлав округĕ

Анатолий Александрович **Александров**, 1948 çулта çуралнă, иккĕмĕш стройтрестăн 25-мĕш строительство управленийĕн бригадирĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта ...

Николай ... **Степанов**, 1947 çулта çуралнă, Шупашкарти автомобильсем юсакан заводри бригадир-наладчик, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

### 16-мĕш Интернациональнăй суйлав округĕ

Валентин Платонович **Воронцов**, 1934 çулта çуралнă, государство тата потребительсен кооперацийĕнче ĕçлекенсен профсоюзĕн Чăваш область комитечĕн председа..., КПСС членĕ, Шупаш...

[illegible] публикăран «воин-оккупантсене» илсе тухма чĕнсе каласçĕ, е «КПССа пытаратпăр» тесе çырнă тупăк ÿкерсе хураççĕ. Çакнашкал е ытти тĕрлĕ фактсене сирĕн пата тăрта кăна мар курма пулать. Анчах, атьăр-ха сÿтсе явар. Ĕçлĕ халăхра Совет Çарĕн воинĕсемпе, Коммунистсен партийĕпе йĕркеллĕ хутшăнусемех-и?

**Сасăсем:** Йĕркеллĕ, Михаил Сергеевич. Çавнашкал курнăçланнипе килĕшместпĕр.

[illegible] ра, юлташсем, питех кирлĕ те. Мĕншĕн тесен республикăри лару-тăру мĕнле пулассине юлашки вăхăтра вăл уйрăмах йывăрланчĕ, чи малтанах ĕçлĕ халăхăн, хресченсен, интеллигенцин, рабочисен позицийĕнчен килет. Алла кисть тытса хапхасем çине çавнашкал ÿкерчĕксем тума пуçланă тата телевидени экранĕсемпе хаçатсен полосисем çинче ытларах та ытларах куранма пикеннĕ хĕтĕртÿсĕсен ĕçĕ вăл — пĕтĕмпех, мĕнпур наци çыннисен тÿсĕмлĕхĕпе тата вĕсем килĕштерсе ĕçленипе тĕл пулса, хăмпă пек çурăлакан ĕç.

**Сасă:** Çавнашкал хăмпăпа кĕрешсе, кÿренмелле сăмахсем итлесе йăлăхтарчĕ ĕнтĕ. Чи тĕлĕнмелли вара — СССР халăх депутачĕсем те, хаçат-журналта пичетлене чухне, вырăс халăхне, Совет Çарне кÿрентерме хăйни.

**М. С. Горбачев:** Çавна [illegible]

[illegible] Анчах мĕншĕн-ха халĕ эпир Литва çĕрне хисеплени çинче те пĕлтерместпĕр?

**М. С. Горбачев:** Ман шутпа, Литвара халĕ çакăн пек политика тытса пыракансен кунти парти, совет, хуçалăх организацийĕсене ертсе пыма право çук.

Çак çивĕч тата пурне те пăшăрхантаракан темăпа пуçланă калаçăва, тÿрех калар, çынсем хăйсем те хутшăнассĕ. Хумханса калаçаççĕ вĕсем. Хĕрарăмсен куççуль тухать. Вĕсенчен пĕри, [illegible] ĕçлекен В. Г. Морковкина, хăйне РСФСРти хуласенчен пĕринче пурăнма хваттер сĕнес пулсан, «çак ахăрсаманаран» çăлăнма ыранах хатĕр пулни çинчен пĕлтерет.

Хула урамĕсенче машина тата темисе хутчен чарăннă. Çынсем Мускаври çĕнĕ хыпарсемпе интересленнĕ. Верховнăй Совет çĕнетĕвĕн тĕп законĕсене хăçан çирĕплетме шутлани çинчен ыйтнă. Кирек мĕнле пулсан та, калаçусенче тĕп тема патне — республикăри йывăр лару-тăру патне таврăннă.

Малалла маршрут Шяуляй сывăхнелле выртать, унта Михаил Сергеевича «Бридай» колхозри ĕçченсем кĕтессĕ. Çак хуçалăх — чи вăйлă аталанаканнисенчен пĕри.

**М. С. Горбачев:** Пурте эпир пуринишĕн те лайăх пултăр тесе тăрăшатпăр. Çĕре ваклама пуçласан, çынсен [illegible]

[illegible]

**Саса:** Хăшĕсем каланă тата çырнă пек, вырăссене кÿрентерместпĕр тата нисçта та хăваласа яма шутламастпăр. Анчах пĕртен-пĕр ыйтăва çеç ăнланма пултараймастпăр эпир: вырăссем телевизорпа Россиăри пушанса юлнă ялсем çине мĕнле чун-чĕрепе лăпкăн пăхма пултараççĕ-ха, хăйсен тăван çĕрĕ пушанса юлнăшăн мĕншĕн чĕри ыратмасть вĕсен?

**М. С. Горбачев:** Мĕншĕн-ха Литва çыннисем сур ĕмĕр [illegible] сенчен тухса кайнă, сирĕн шутăрпа, вĕсем те хăйсен çĕрне маннă-и?

**Сасăсем:** Çăмăл мар вăхăт пулнă ун чухне, хăйсен ирĕкĕпе тухса кайман вĕсем.

**М. С. Горбачев:** Çапла, çапла... пурнăç хистенĕ. Ака, ĕнер заводра белорус тухса калаçрĕ, Минскра ĕçлене вăл. Питĕ лайăх республикăра пурăннă, мĕнех, ăна та хăйĕн тăван çĕрне пăрахнăшăн айăплатăр-и?

**Сасăсем:** Çук-çук, пачах апла мар.

**М. С. Горбачев:** Апла пулсан, ытти наци çыннисене республикăран тухса кайма чĕнсе калакан сăмахсемпе те усă курма кирлĕ мар.

**Сасă:** Ку тĕрĕс, анчах Россиăра та ялхуçалăхне çакăнти пек шаях çĕклемелле. Ун чухне мĕнпур ыйтусене татса пама пулать.

**М. С. Горбачев:** Çапах та, [illegible]

[illegible] лани паларать. Çак тупăмран асăрханмалла, мĕншĕн тесен вырăс тăрăхĕсене танлаштарма пуçласан, эпĕ паллах Ставрополь крайĕпе, Краснодар крайĕпе танлаштарма пултаратăп.

**Сасă:** Пирĕн, Михаил Сергеевич, унти пек çĕр çук. Унта ытлăн çĕр.

**М. С. Горбачев:** Эсир ахалех лару-тăрăва пирĕнпе уйрăлнипе лайăхлатма шутлатăр. Пачах урăхла, кашни çын хăй ĕçĕшĕн ответлеме, [illegible] нитечепе, экономикăри хăйтелленлĕхĕпе хăй усă курма пултартăр тесен, пĕр-пĕрипе лайăхрах килĕштерсе ĕçлемелле. Çапла, çакна эпĕ тата темиçе хут çирĕплететĕп. Анчах вуншар çулсем хушши çирĕпленнĕ сыхăнусене татнипе мар. Çавăн пек пулса тухас пулсан, Литва çеç мар йывăрлăха кĕрсе ÿкет. Енчен те эсир эпĕ Литвăна хăратасшăн тесе шутлатăр пулсан, йăнăшатăр. Россия та, Белоруссии те, пурте сиен кураççĕ. Ака, Россиăра та хăшĕ те пулин: енчен те эпир Россиăра ССР Союзĕнчен уйрăлса тухас пулсан, виç-тăватă çул хушшинчех вăйлă аталанакан государство пулса тăратпăр, тесе сăмахлани эсир ÿстерсе каланă пекех пулĕччĕ.

**Сасă:** Çакăн пек ыйту. Январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа экономикăри хăйтĕллĕнлĕх [illegible]

[illegible] çакна нихăш енчен те тупмастпăр.

**А. Бразаускас:** Кувашкал ялаласене икĕ эрнере тумаççĕ.

**М. С. Горбачев:** Сăмах май, çак поселока миçе çул хушши тунă, çакна илтнĕ-и эсир?

**Сасăсем:** 25—30.

**М. С. Горбачев:** Эсир вара экономикăри хăйтеллĕнлĕхпе икĕ эрне хушшинче туллин усă курма тата çитменнине 300 миллиона Совет Союзне сĕнетсе лайăх- [illegible]

**Сасă:** Михаил Сергеевич, эпĕ çапла шутлатăп: ирĕклĕ, никама пăхăнман Компарти Литвари тата Союзри çĕнетĕве хăвăртлатать.

**М. С. Горбачев:** Апла пулсан, акă мĕнле логика: Литва — Союзра, Компарти вара КПССран уйрăм?

**Сасăсем:** Çапла, çапла.

**М. С. Горбачев:** Апла пулсан, Литва ыйтăвĕсене пурне те, вăл Союзăн пĕр пайĕ пулса тăнă май, Советсен съезчĕсенче, Союзăн Верховнăй Совечĕнче татса параççĕ. Тата çакна шухăшласа пăхăр: КПСС съезчĕ пухăнать, пĕтĕм çĕршыв валли палăртса хатĕрленĕ политикăна сÿтсе явать, ăна мĕнле аталантармаллине палăртать. Центральнăй Комитетăн Пленумĕ пухăнать, çак политикăна мĕнле улшăнусем кĕртмеллине сÿтсе явать, сире вара çакă нихăш енчен те пырса тивмест. Эпĕ [illegible]

[illegible] КПССра мĕнле çĕнелĕхсем кертме шутланине ыран калаcа кăтартăп.

М. С. Горбачев колхозниксем патĕнче темиçе сехет хушши хăнара пулнă. Механика мастерскойĕнче тата П. Клусас механизатор çуртĕнче усă кăмăлтан тата чĕререн килекен калаçусем пулса иртнĕ. Ача садĕнче ĕçлекенсем, ватăсен çуртĕнче пурăнакансем ăна ăшшăн кĕтсе илнĕ.

Кăнтăрла иртсен, М. С. Горбачев телевидени аппаратурин [illegible] стриллĕ Шяуляй çыннисем тивĕçлипе мухтанакан заводра пулнă.

• • •

Январĕн 13-мĕшĕнче Литва ССРĕн столицинче республикăри парти активĕн пухăвĕ пулса иртнĕ.

Пухура М. С. Горбачев сăмах каланă.

Пуху ĕçне КПСС Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕ, КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕ В. А. Медведев Политбюро членĕ, СССР Министрсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителе Ю. Д. Маслюков, КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕ, «Правда» хаçатăн главнăй редакторĕ И. Т. Фролов, КПСС Центральнăй Комитечĕн декабрьти Пленумĕнче пулнă юлташсем ушкăнĕ хутшăннă.

[illegible] Ленин районĕн прокурорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Роберт Анатольевич **Ильянной**, 1930 çулта çуралнă, Пурăнмалли çурт-йĕрпе коммуналлă хуçалăхăн Чăваш территори производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Николай Кириллович **Кириллов**, 1948 çулта çуралнă, Чăваш ялхуçалăх институчĕн проректорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Анатолий Афанасьевич **Леонтьев**, 1951 çулта çуралнă, КПСС Шупашкар хула комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Лидия Авинеровна **Попова**, 1954 çулта çуралнă, Чăваш государство юрăпа ташă ансамблĕн балет артистки, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Владимир Михайлович **Порфирьев**, 1950 çулта çуралнă, Чăваш АССР юстици министрĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**2-мĕш Ленинградски суйлав округĕ**

Владимир Евгеньевич **Дмитренко**, 1949 çулта çуралнă, КПСС Ленин район комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Виктор Яковлевич **Зарайский**, 1949 çулта çуралнă, Чăваш АССР Сыхăнăвăн производствăпа техника управленийĕн главнăй инженерĕ, Шупашкарта пурăнать;

Иван Владимирович **Пав-** [illegible]

[illegible] министерстви Госавтоинспекци пайĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Николай Степанович **Степанов** 1935 çулта çуралнă, «Чувашстрой» территори строительство пĕрлешĕвĕн начальникĕн заместителе, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**15-мĕш Рабиновски суйлав округĕ**

Анатолий Александрович **Александров**, 1948 çулта çуралнă, [illegible] 25-мĕш строительство управленийĕн бригадирĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Николай Сергеевич **Степанов**, 1947 çулта çуралнă, Шупашкарти автомобильсем юсакан заводри бригадир-наладчик, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

**16-мĕш Интернациональнăй суйлав округĕ**

Валентин Платонович **Воронцов**, 1934 çулта çуралнă, государство тата потребительсен кооперацийĕнче ĕçлекенсен профсоюзĕн Чăваш область комитечĕн председателĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Федор Иванович **Мадуров**, 1942 çулта çуралнă, РСФСР Художество фончĕн Чăваш республикинчи творчествăпа производство комбиначĕн скульпторĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Анатолий Ялмарович **Пукки**, 1952 çулта çуралнă, КПСС Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

(Вĕçĕ 2-мĕш страницăра).

# Чăваш АССРĕнчи профсоюзсен суйлав умĕнхи платформи

**Чăваш АССРĕнчи профсоюз организацийĕсем пысăк авторитетлă рабочисемпе колхозниксем, халăх хуçалăхĕн специалисчĕсем, творчество интеллигенцийĕ, наука представителĕсем, профсоюз активисчĕсем халăх депутачĕсем пулччăр тесе тăрăшĕç. Рабочи класа, ĕççыннисене паян республикăра çĕнетÿ епле пыни, хуçалăх механизмĕпе экономика реформине пурнăçа кĕртес ĕçре çурма утăмсем кăна туни тивĕçтермест. Профсоюзсем çак çитменлĕхсемпе кĕрешесси, ĕççыннисен интересĕсене туллин хÿтĕлесси хăйсен тĕп ĕçĕ пулса тăнине палăртаççĕ.**

## Экономикăна вăйлатни— çынсемшĕн тăрăшни

Чăваш профсоюзĕсене халăха куллен кирлĕ таварсемпе тивĕçтересси çивĕчленсе пыни пăшăрхантарать. Çавна май республикăн экономика аталанăвĕнче ĕççыннисене апат-çимĕçпе тивĕçтересси, магазинсене паха тата тĕрлĕ йышши таварсем ытлă-çитлĕ парса тăрасси, йăла пулăшăвĕ парассине лайăхлатасси тĕп вырăнта пултăр тесе тăрăшĕç.

Профсоюзсем производствăпа ĕç коллективĕсем хăйсем ертсе пырассине, хуçалăх расчетне ĕçе кĕртессине, финанс тĕлĕшĕнчи лару-тăрăва лайăхлатас, çапла майпа кашни работника хăй ĕçлекен предприятире чăн-чăн хуçа пулма пулăшас тĕлĕшпе хăйсен тимлĕхне вăйлатĕç.

Профсоюз организацийĕсем республикăна территориллĕ хуçалăх расчечĕ çине куçма пулăшĕç, ытти регионсене укçа-тенкĕ куçарасси, апат-çимĕç, халăха кирлĕ таварсем ярса парасси экономика тĕлĕшĕнчен кирлĕ пулнине тĕрĕслесе тăрĕç. Эпир инвестици (тупăш илес шутпа укçа-тенкĕ хывни) политикинче пурăнмалли çурт-йĕр, больницăсемпе шкулсем, ача сачĕсемпе ытти ача-пăча учрежденийĕсем, ялхуçалăх продукчĕсем упракан хранилищĕсем тăвассишĕн укçа-тенкĕ хывассине мала кăларса тăратассишĕн кĕрешетпĕр. Çывăх вăхăтрах «Пурăнмалли çурт-йĕр-2000» программăна пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе юлса пынине пĕтермелле, коопераци меслачĕпе тата харпăр хăй тĕллĕн çурт-йĕр лартассине, строительство материалĕсем туса кăларассине ÿстермелле.

Чăваш профсоюзĕсене ял халăхĕн пурнăç шайĕ пĕчĕк пулни хумхантарать. Çавна май эпир Чăваш республикин правительстви, ведомствăсемпе министерствăсен, колхозсемпе совхозсен, промышленность предприятийĕсемпе строительство, транспортпа çыхăну организацийĕсен руководителĕсем яла аталантарассине, унăн социаллă пурнăçне лайăхлатассине малти вырăна хучччăр тесе тăрăшăпăр.

Çитес виçĕ çул хушшинче профсоюзсен бюджетĕнчен ялсенче социаллă пурнăçпа йăла, культура объекчĕсем тума тата реконструкцилеме 10 миллион тенкĕрен кая мар укçа-тенкĕ уйăраççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетнĕ çĕрте тата уй-хир ĕçĕсенче ĕçпе йăла условийĕсене лайăхлатса пымалла, производство культурине ÿстермелле, йывăр ĕçсене механизацилемелле. Çапла майпа ĕç тухăçлăхне палăрмаллах ÿстерме лайăх майсем туса памалла. Çакă вăл çитес вăхăтра республикăри ял ĕçченĕсен ĕç укçине чылай ÿстерме, Российăри вăтам шая çитерме пулăшĕ.

## Тĕп тĕллев— ĕççыннисен прависемпе интересĕсене хÿтĕлесси

Профсоюзсем должноçри работниксем ĕç законодательствине çирĕп пăхăнса пыччăр, халăха ĕçпе туллин тивĕçтерччĕр, закона пăсса ĕçрен кăларса ярассине, ĕç, кану режимне пăсассине, ĕç хыççăн, «хура шăматкунсенче» ĕçлеттерессине пĕтерччĕр, ĕç укçине юлашкинчен пулакан ĕç результачĕсемпе çыхăнтарса пыччăр тесе, çавăн пекех уравниловкăна пур çĕрте те пĕтерессишĕн тăрăшĕç. Профсоюз комитечĕсем, хăйсен анлă прависемпе, ĕççыннисен пулăшăвĕпе туллин усă курса çирĕплетнĕ тарифсемпе расценкăсен, окладсен тĕрĕслĕхне йĕркелесе тăрĕç.

Чăваш профсоюзĕсем, предприятисен хăйтĕллĕнлĕхне туллин усă курса, коллективлă договорсенче ĕç условийĕсемпе ĕçшĕн тÿлессине лайăхлатас, коллективăн социаллă ыйтăвĕсене тивĕçтерес, тÿрĕ кăмăллă ĕçшĕн хапхалантарас, хушма отпусксем парас, хăшпĕр ĕçри работниксен ĕç вăхăтне кĕскетес, нумай ачаллă тата начар пурăнакан çемьесене пулăшас, пенси çумне хушса тÿлес, рабочисемпе служащисене предприяти шучĕпе ĕç тата йăла тĕлĕшĕнчен çăмăллăхсем парас енĕпе тивĕçлĕ мерăсем палăртса пурнăçа кĕртессишĕн тăрăшĕç.

Студентсен (вĕренекенсен) профсоюз комитечĕсем вĕренÿ заведенийĕн администрацийĕпе тăвакан килĕшÿсем урлă эпир студентсен тата вĕренекен çамрăксен экономикăлла тата социаллă интересĕсене хÿтĕлĕпĕр, яш-кĕрĕме тата воин-интернационалистсене паракан çăмăллăхсемпе пур çĕрте те усă курччăр тесе тăрăшăпăр.

Профсоюзсем ĕçлекен хĕрарăмсен законлă интересĕсене хÿтĕлессине чи малта тăракан задачăсем вырăнне хураççĕ. Эпир вĕсене улшăнакан графикпа, тулли мар ĕç кунĕпе ĕçлеттерес, çĕрлехи сменăри ĕç вăхăтне кĕскетес енĕпе панă сĕнÿсемпе килĕшни çинчен пĕлтеретпĕр, ку енĕпе тивĕçлĕ условисем туса парассишĕн çине тăратпăр.

Чăваш профсоюзĕсем сывлăха сыхлас ĕçĕн системине тĕпрен лайăхлатассишĕн тата унăн пурлăх никĕсне çирĕплетессишĕн, сиплевпе профилактика пулăшăвĕ парассине лайăхлатассишĕн, ача-пăча сывлăх учрежденийĕсен, туризм учрежденийĕсен хисепне ÿстерессишĕн, çемьепе канассине йĕркелеме тивĕçлĕ условисем туса парассишĕн кĕрешĕççĕ.

## Воспитани ĕçĕ, канăва йĕркелесси

Чăваш профсоюзĕсем хăйĕн бюджетĕнчи укçа-тенкĕн пысăк пайне культурăпа спорта аталантарма уйăрнă май, государство органĕсемпе пĕрле районсенче, халăх пурăнакан пысăк пунктсенче кану центрĕсем, физкультурăпа сывлăх комплексĕсем йĕркелессишĕн, нумай нациллĕ совет искусствин, халăх пултарулăхĕн тĕрлĕ формисене аталантарассишĕн тăрăшĕç.

Эпир пĕтĕмĕшле пĕлÿ, профессиллĕ пĕлĕвĕ паракан, аслă тата вăтам ятарлă шкулсен ĕçне çĕнетес, çул çитмен ачасен клубĕсен, шкул ачисен пÿлĕмĕсен, çамрăк техниксен клубĕсен, ача-пăча спорт шкулĕсен ĕçне вăйлатас ĕçсене активлă хутшăнасшăн. Çулсерен пионер лагерĕсенче, ĕçпе кану лагерĕсенче 120 пин ача сывлăхне çирĕплетесшĕн.

Пурлăха валеçес ĕçри социаллă тĕрĕслĕхе пăсни ĕççыннисене чăннипех пăшăрхантарать. Профсоюзсем суту-илÿре, обществăлла апатланура, йăла пулăшăвĕ парассинче ĕççыннисен тĕрĕслевĕн витĕмлĕхне ÿстерессишĕн тăрăшаççĕ.

Эпир коллективсенчи нравственность тĕлĕшĕнчи лару-тăрăва лайăхлатассишĕн, преступлени тăвассине, алкоголизма, наркомание пĕтерессишĕн, физкультура тата спорт пулăшнипе ĕççыннисен сывлăхне çирĕплетессишĕн кĕрешетпĕр. Пирĕн тĕллев — сывă пурнăç йĕркине, ленинла наци политикине пурнăçа кĕртессине, тĕрлĕ халăх çыннисем хушшинчи тăванла хутшăнусене çирĕплетессине массăллă информаци хатĕрĕсем тата профсоюз пичечĕ урлă пропагандăласси.

Профсоюзсем мĕнпур совет, государство тата хуçалăх органĕсемпе тытакан хутшăнусене пĕр танлăх тата пĕр-пĕрне пăхăнса тăман никĕс çинче йĕркелемелле тесе шутлаççĕ. Эпир ĕçпе йăла, кану условийĕсене япăхлатакан, ĕççыннисен интересĕсене хĕсекен решенисене чарса лартассишĕн кĕрешетпĕр.

Область парторганизацийĕпе пĕрле эпир комсомол, хĕрарăмсен, ветерансен организацийĕсемпе тата ытти организацисемпе, юхăмсемпе килĕштерсе ĕçлемелли çĕнĕ формăсем шырăпăр тата вĕсене аталантарса пырăпăр.

# СУЙЛАВÇĂСЕМПЕ ТĔЛ ПУЛНĂ

**Виçĕ кун хушши, январĕн 8—10-мĕшĕсенче, СССР халăх депутачĕ, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ, КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров 97-мĕш Элĕк суйлав округĕнчи суйлавçăсемпе тĕл пулнă. Вăл колхозсемпе совхозсене, предприятисене çитсе курнă, шкулсенче, ача сачĕсенче, культура учрежденийĕсенче, суту-илÿпе йăла предприятийĕсенче пулнă, ял çыннисен паянхи ыйтăвĕсене мĕнле тивĕçтернипе интересленнĕ.**

Вутлан, Качалав, Йалкăш Йаранар ялĕсенче пурăнакансен, Элĕкри механика заводĕнчи ĕç коллективĕн пухăвĕсенче, ытти çĕрте халăхпа тĕл пулнă чухне А. П. Петров округри суйлавçăсене партин область организацийĕ хальхи условисенче çĕнетĕве тарăнлатса пырас, КПСС XXVIII съездне тата партин облаçри 42-мĕш конференцине хатĕрленес тĕлĕшпе мĕнле ĕçлени çинчен пĕлтернĕ. СССР халăх депутачĕсен II съезчĕн, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе унăн Президиумĕн 1989 çулхи ĕçĕсем çинчен каласа панă, РСФСР, Чăваш АССР тата вырăнти Советсен халăх депутачĕсен суйлавне ирттерессипе çыхăннă ыйтусем çинче тĕплĕн чарăнса тăнă. КПСС обкомĕн секретарĕ хăй депутат тивĕçне мĕнле пурнăçласа пыни çинчен отчет туса панă, суйлавçăсен нумай ыйтăвĕ çине ответленĕ. Районта пулнă виçĕ кун хушшинче вăл 40 суйлавçа йышăннă.

Суйлавçăсем А. П. Петров депутат тивĕçне мĕнле пурнăçласа пынине ырланă, çавăнпа пĕрлех сĕнÿсем панă.

Ĕç коллективĕсемпе тата суйлавçăсемпе ирттернĕ тĕлпулусенче тĕп вырăнта парти организацийĕсен ĕçĕнчи çĕнетĕве хăвăртлатассипе, вĕсен ролĕпе ответлăхне ÿстерессипе, политика реформине, кулленхи ĕçсене витĕм кÿрессине вăйлатассипе çыхăннă ыйтусем тĕп вырăнта пулнă. Районти, вырăнти Советсен территорийĕсене комплекслă аталантарма кирлине палăртнă, уйрăм çынсем валли пурăнмалли çурт-йĕр тăвас, Апат-çимĕç программине пурнăçа кĕртес, ял çыннисене топливăпа тивĕçтерес, тÿлевлĕ пулăшу ĕçĕсем пурнăçласа парас енĕпе, ялсен социаллă пурнăç аталанăвĕнче йывăрлăхсем пуррине кăтартса панă.

Районти тĕлпулусем, вырăнсенче Россия Федерацийĕн, Чăваш АССРĕн государство влаçĕн аслă органĕсене, халăх депутачĕсен вырăнти Советĕсене депутатсем суйлама, партин XXVIII съездне кĕтсе илме хатĕрленнĕ май, суйлавçăсен обществăпа политикăри тата ĕçри активлăхĕ ÿснине, вĕсем çитменлĕхсене хирĕç, çĕнетĕве малалла аталантарса пыма, пурнăçра ырă улшăнусем тăвас тĕллевпе сăмаха ĕçпе çирĕплетессишĕн çине тăрса кĕрешме хатĕр пулнине палăртнă.

## ТĂВАН



## ÇĔРШЫВРА

ТАСС КОРРЕСПОНДЕНЧĔСЕМ ПĔЛТЕРЕÇÇĔ

### Калуга

Уйччен хăйсен хаçачĕ пулман КПСС Октябрь райкомĕн, райĕçтăвкомĕн тата ВЛКСМ район комитечĕн «Вестник» хаçатне кăлармашкăн хушма хут та, сотрудниксен штачĕ те кирлĕ пулман. Пысăк предприятисен администрацийĕсемпе тата парти комитечĕсемпе калаçса татăлнă тăрăх, халĕ ăна нумай тиражлă хаçат евĕр пичетлеççĕ. Пĕрремĕш кăларăмра суйлав кампанийĕпе çыхăннă материалсене, районти коммунистсен партин XXVIII съездне тата вырăнти Советсен халăх депутачĕсен суйлавне хатĕрленес тĕлĕшпе туса ирттермелли ĕçсен программине, район аталанăвĕн малашлăхĕ çинчен каласа панине пичетленĕ. Предприятисенчи нумай тиражлă хаçат вулакансем çакăнпа кăмăллă — вĕсем халĕ «Вестник» кăларăмран та информаци илсе тăраççĕ.

### Семипалатинск

Область центрĕнчи цемент заводĕнче икĕ хăватлă фильтр установкине хута яна май, атмосферăна таса мар сывлăш кăларса ярасси тĕрукех чакнă. Тимĕр-бетон изделисен пĕрлешĕвĕнче, асбоцемент изделисен заводĕнче, 1-мĕш ТЭЦра, ытти предприятисенче тасатмалли системăсене реконструкцилени экологи тĕлĕшĕнчи лару-тăрăва лайăхлатма май панă. Сывлăш бассейнне тасатас тĕлĕшпе мĕнпур ĕçсене «Экологи» комплекслă программăпа килĕшӳллĕн туса пыраççĕ. Кăçал çутçантапăка сыхлас енĕпе ĕçлекен область комитечĕ тата санрăксен «Симĕссисен» пĕрлешĕвĕ автопарка газ топливи çине куçарасси, хулана кĕмесĕр ирттермелли çулсем тăвасси çине пысăк тимлĕхпе пăхма палăртнă.

### Таллинн

Эстонире Ял промышленноçĕн союзне йĕркеленĕ. Унта ялхуçалăх продукцине тирпейлекен, ытти таварсем туса кăларакан государство тата коопераци хуçалăхĕсем, промысла артелĕсем, кооперативсем, хуторсен [illegible]

*В. И. Ленин çуралнăранпа 120 çул çитнĕ май*

# Нумайрах пĕлетĕн — ытларах тĕлĕнетĕн...

## В. И. Ленинăн Кремльти кабинечĕпе хваттерĕн фончĕсен заведующийĕ Л. И. Кунецкая панă интервью

**Паллă революционер, В. И. Ленинăн кĕрешӳри юлташĕ тата мăшăрĕ пулнă Н. К. Крупская та чăвашсемшĕн çулпуç пекех ырă ĕç нумай тунă. 1919 çулта Атăлпа Кама тăрăх «Красная звезда» агитпăрахутпа çӳренĕ чух Шупашкарпа Сĕнтĕрвăрринче чарăннă, кунти партипе совет работникĕсене ĕçе йĕркелеме пулăшнă. Митингсенче сăмах каласа, халăха Совет влаçĕн тĕллевĕсем çинчен ăнлантарса панă. Мускава съездсемпе канашлусене пирĕн тăрăхран кайнă руководительсемпе, учительсемпе тата ытти çынсемпе пĕрре кăна мар калаçнă, ырă канашсем панă. Н. К. Крупская патне ачасемпе çамрăксем çырусем çырнă. Май тупса, Надежда Константиновна кашнинех хуравланă, ачасене кĕнекесемпе тетрадьсем ярса панă.**

**Н. К. Крупская «Красная звезда» агитпăрахутпа килсе кайнăранпа 70 çул çитнĕ май, пĕлтĕрхи июльте, унăн маршручĕпе «Октябрьти революци» агитпăрахут çӳрерĕ. Унпа килнисем Н. К. Крупская çинчен материалсем пухрĕç. Асаилӳсемпе ытти документсене Н. К. Крупскаяна халалласа йĕркелеме палăртнă государство музейне параççĕ.**

**Агитпăрахутпа пĕрле В. И. Ленинăн Кремльти кабинечĕпе хваттерĕн фончĕсен заведующийĕ Л. И. Кунецкая çӳрерĕ. Вăл — Н. К. Крупская çинчен çырнă темиçе кĕнеке авторĕ, РСФСР тава тивĕçлĕ культура работникĕ, Ленинла комсомол премийĕн лауреачĕ.**

**Агитпăрахут Шупашкарта чарăнса тăнă чух хаçат корреспонденчĕ И. МАТРОСОВ Л. И. КУНЕЦКАЯПА тĕл пулса калаçнă.**

— Людмила Ивановна, пĕлетпĕр ĕнтĕ, сирĕн ĕçре çулпуçăн 1918—1924 çулсенчи пурнăçĕпе ĕçĕ-хĕлне тĕпчесси тĕп вырăнта. Калăр-ха, хăçан уçнă Ленинăн Кремльти мемориал музейне, унта пурте кĕрсе курма пултараççĕ-и?

— Чи малтанах çакна палăртмалла: В. И. Ленинăн тĕрлĕ хуласенчи музейĕсемпе танлаштарçан, ку, Кремльти, чи палли. Вăл çулпуç Совет государствине ертсе пынă çулсене кăтартать. Çав çулсем — В. И. Ленин ĕçхалăхĕшĕн уйрăмах нумай тума ĕлкĕрнĕ тапхăр. Халăх влаçа хăй аллине илнĕ хыççăн социализм мĕнле тумаллине кăтартса панă, çĕршыври тĕрлĕ халăх çыннисене пĕр тан аталантармалли наци политикине туса хатĕрленĕ. Ансăртран мар ĕнтĕ, çĕнетӳ вăхăтĕнчи йывăрлăхсене мĕнле çĕнтермелли çинчен шутланă май, Ленин вăл е ку ыйтупа мĕн вĕрентсе каланине пăхатпăр, çулпуçпа канашлатпăр.

В. И. Ленинăн Кремльти кабинечĕпе хваттерĕ — 1955 çултанпа мемориал музейĕ. Владимир Ильич 1924 çулхи январьте вилнĕ хыççăн кабинетне хупнă та, ăна музей тăвиччченех никам та йышăнман. 1922 çулхи декабрьчченхи — кунта Ленин юлашки хут ĕçлесе ларичченхи лару-тăру пĕтĕмпех сыхланса юлнă. Хваттерĕнче вара Мария Ильиничнăпа Надежда Константиновна пурăннă. Йăмăкĕ 1937 çулта вилнĕ, Крупская — 1939 çулта. Аппăшĕ те — Анна Ильинична — юлашки çулĕсенче кунта ирттернĕ. Хваттерĕнче те Ленин пурăннă вăхăтри пекех хăварма тăрашнă вĕсем. Сăмах май каласан, Кремльти музейри экспонатсем пурте — Владимир Ильичăн, унăн çывăх çыннисен чăн-чăн япалисем. Ытти музейсенчи çав ĕнĕпе те уйрăлса тăрать вăл.

В. И. Ленинăн Кремльти кабинечĕпе хваттерĕ СССР правительствин çуртĕнче виççĕмĕш хутра вырнаçнă. Унта кĕрсе курас текенсем питĕ йышлă, анчах пурне те йышăнма май çук. [illegible]

[illegible] лĕшĕнчен те, ытти енĕпе те сăмаллăхсем тем пекех кирлĕ пулнă. Анчах Ленинпа Крупская çынсенчен уйрăлса тăма юратман, хăйсем валли çăмаллăхсем туса панине хытă сивленĕ. Вĕсем пуян пурăнма юратманнине Кремльти хваттерĕнче те куратăн. Кĕпе-тумтирĕ нумай пулман. Совет государствин пуçлăхĕ пулса тăрсан та, Ленин хăй урăх çĕршывра эмиграцире тăхăннă костюмпах çӳренĕ. Надежда Константиновна та унччченхи кивĕ шлепкине парахман. Хваттерĕнче хаклă япаласем, чаплă сĕтел-пукан лартман. Кабинетĕнчи кĕнеке сӳлĕкĕсенчен пĕрне Владимир Ильич хăй туса панă ансат чертеж тăрăх хатĕрленĕ. Çемçе кресло лартса пама, урайне кавир сарма тăрсан, хирĕçлесе, хăй валли ахаль кресло çеç лартнарнă, кавире каялла илтернĕ. Вĕсен тĕп пуянлăхĕ — кĕнекесем. Библиотекинче — 40 пине яхăн кĕнекепе журнал, çавсенчен 10 пинне ытла 1918—1923 çулсенче пухнă. Хăшпĕрисене эмиграцире чухне туяннă, нумайăшне вара — Мускавра. Букинист магазинĕсенче сутăн илнĕ чылайăшне.

**— Кĕнекесем пирки сăмах хускалнă май, акă мĕн пĕлес килет: Ленин пирĕн пек мар, урăхларах вуланă, теççĕ. Çавна пула питĕ нумай вулама ĕлкĕрнĕ тенине те илтнĕ.**

— Çапла, Владимир Ильич ĕмĕрĕ тăршшĕпех кĕнеке вулама юратнă. Ун пек нумай вуланă çын тупаймастăн та пулĕ. Хăйĕн 55 томран тăракан произведенийĕсенче çырнă чух тĕрлĕрен кĕнекесенче, хаçат-журналта пичетленнĕ экономикăпа социаллă пурнăç материалĕсене тишкернĕ. Илемлĕ литература та чылай вуланă.

Кремльти кабинечĕпе хваттерне курма килекенсем пĕрмаях ыйтаççĕ: Ленин питĕ ĕçлĕ çын пулнă çĕртех мĕнле майпа нумай вулама ĕлкĕрнĕ-ха? Питĕ ĕçчен пулни пулăшнă ăна — талăка 16—18 сехет ĕçленĕ вăл. Тата [illegible]

**ку таранччен эпир Н. К. Крупская çинчен питĕ сахал пĕлетпĕр, ун çинчен çырнă кĕнекесене курман та?**

— Чăн, эпир Надежда Константиновна Крупскаяна вăл В. И. Ленинăн мăшăрĕ пулнипе ытларах пĕлетпĕр, çулпуç çинчен шутланă чух вăл та юнашар пек. Çав вăхăтрах нумайăшĕ татса калаймасть те пулĕ: калăпăр, ăçта çуралнă, ашшĕ-амăшĕ кам, Владимир Ильичпа хăçан паллашнă? Мĕн çывăхлатнă вĕсене? Крупская Ленина революци ĕçĕнче мĕнлерех пулăшса пынă?

Çывăх пĕлĕшĕсем çирĕплетнĕ тăрăх, тĕнче историйĕнче ун пек хĕрарăмсем çукпа пĕрех. К. Маркс мăшăрĕ Женни фон Вестфален тĕлĕнмелле çын пулнă-ха, чăн та. Пĕтĕм чунчĕрипе пулăшнă вăл рабочисен юхăмне. Пурнăçри темĕнле йывăрлăха та упăшкипе пĕрле чăтса, ăна тĕнчери ĕçхалăхĕшĕн пысăк ĕç туса хăварма май туса панă. Н. К. Крупская, мăшăрне ĕçре куллен пулăшса пынисĕр пуçне, революци кĕрешĕвне хăй те активлă хутшăннă. Совет влаçĕ çĕнтернĕ хыççăн правительство учрежденийĕсенчен пĕринче — Наркомпросра — ĕçленĕ.

Крупскаян ашшĕ революционер пулнă. I Интернационалпа çыхăну тытнă. Амăшĕ те — прогрессивлă хĕрарăм. Куратпăр ĕнтĕ, Ульяновсен çемйипе пĕрпеклĕх пысăк. Революционер пулса çитĕнме Надежда Константиновнăна Петербургра — рабочисен юхăмĕ уйрăмах вăйлă аталаннă хулара çуралса ӳсни те нумай пулăшнă. Марксистла кружоксемпе çыхăнни тата Г. В. Плеханов ĕçĕсене вулани ăна пурнăçри тĕллевне тĕрĕс суйласа илма май панă. Владимир Ульяновпа 1894 çулхи февральте вĕсенче Питĕрти марксистсен канашлăвĕнче паллашнă. Çавăн хыççăнах ăна рабочисене политика воспитани парас ĕçре пулăшма тытăннă. Революци ĕçĕшĕн иккĕшĕ те тĕрмере ларса тухнă хыççăн Çĕпĕре ссылкăна ярсан, вĕсем 1898 [illegible]

вĕсем пĕр-пĕрне! Уйрăм пурăнма тивнĕ чух мĕнле çепĕç çырусем çырнă! Шел, çырăвĕсем нумайăшĕ сыхланса юлман. Полици аллине лекесрен асăрханса пĕтерме тивнĕ. Владимир Ильичăн çуралнă кунне яланах иккĕшĕ çеç паллă тăвас йăла пулнă. Вăрмана аяккарах кайса, уçланкăра ларнă, пуласлăх çинчен ĕмĕтленнĕ. Мĕншĕн Надежда Константиновнăн ĕмĕр тăршшĕпех Крупская хушаматпа çӳрени пирки каласан, акă мĕн палăртмалла: хушаматне Ульянова тесе çыртарнă пулнă, анчах партире ăна Крупская хушаматпа ытларах пĕлнĕ, çавăнпа çапла çырнă.

**— Чикĕ леш енчисемех Владимир Ильичпа Надежда Константиновна мăшăрланман пирки вĕсен ача-пăча пулман, теççĕ. Ссылкăра, унтан урăх çĕршывра эмиграцире нумай пурăнма тивнĕ май çуратманши вĕсем ача?**

— Пĕлетĕр-и, Ленин та, Крупская та ачасене питĕ юратнă. Çавна ачасемпе пĕрле ӳкерттернĕ сăнӳкерчĕксем те çирĕплетеççĕ. Вĕсем 1919 çулхи Çĕнĕ çула Сокольникири вăрман шкулĕнчи ачасемпе кĕтсе илни те паллă. Унта кашнă чух кашни каçах пынă вĕсем патне. Вырăс çул хăйсем патне тĕрлĕ çĕртен ясс панă посылкăсене ача çуртĕсене панă. С. М. Киров Астраханьрен кăштах çу тата пулă вăлчи илсе килсен, хăйсем çимен, ача садне леçтернĕ. Кремльте уçăлса çӳренĕ чух та кунта пурăнакан рабочисемпе служащисен ачисемпе пĕрле савăннă.

Мĕншĕн ача пулман-ха? Надежда Константиновна чирлĕ пулнă, çавăнпа ача туман. Вĕсем ача пулас çуккине мăшăрланнă хыççăнах — Çĕпĕрти Шушенское ялĕнче ссылкăра чухнех пĕлнĕ. Ача çуратма май килменнишĕн иккĕшĕ те ĕмĕр тăршшĕпех пăшăрханнă...

**— Тата тепĕр ыйту, Людмила Ивановна. Халĕ Ленин Сталинăн пысăк çитменлĕхĕсене уçăмлăн курса тăни пирки** [illegible]

Пуç хĕсни аптăратнă ăна. Пĕр хускалми выртма тивнĕ. Çав тапхăрта çырнă ĕнтĕ юлашки çыравĕсемпе статйисене. 1923 çулхи мартра сылтăм аллипе ури пачах хускалми пулнă, чĕлхи çĕтнĕ. Ӳссăн шухăшлана çĕртех ыттисене каласа кăтарайманни мĕн тери хăрушă пулнă! Çавăншăн питĕ кулянна Владимир Ильич. Часах ыйăхĕ çĕтнĕ. Тăрăшса, пыракиле хăшпĕр сăмахсене калама пуçланă пулин те, чирĕ иртмен. Юлашки уйăхсенче çĕрле вăл пачах çывăрайми пулнă. Вара 1924 çулхи январĕн 21-мĕшĕнче вилсе кайнă...

Ленин чирлесен, партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ, ятарласа постановлени йышăнса, Сталина Владимир Ильич валли врачсем палăртнă кун йĕркине мĕнле пурнăçланишĕн ответлă туса хунă. Килтисен те, çывăх юлташĕсен те политика пурнăçĕнчен нимĕн те пĕлтерме юраман, çакă чирлĕскере хумхантарса ярасран асăрханнă. Ахаль чирлĕ çыншăн ку вырăнлă пулнă, паллах. Анчах пĕтĕм пурнăçне политикăна панă Лениншăн ку тĕрĕсех пулман, юлашки пысăк савăнăçне туртса илнипе пĕрех шутланнă. Владимир Ильичăн секретарĕсем Л. А. Фотиева тата М. А. Володичева урлă е урăх майпа Ленин чирлĕ çĕртех Надежда Константиновнăна каласа тăрса çыру çыртарнине пĕлсен, Сталин Н. К. Крупская патне телефонпа шăнкăравланă, ăна тӳрккес сăмахсемпе кӳрентерсе пĕтернĕ. Надежда Константиновна хирĕçленĕ, каçару ыйттарнă. Çакăн çинчен вăл Владимир Ильича пĕр сăмах та каламан.

Съезда янă çырăвне Ленин хăй çеç е вăл вилнĕ хыççăн Крупская уçса вулама тивĕçли çинчен ятарласа асăрхаттарнă. Анчах халĕ паллă ĕнтĕ: унта мĕн çырнине çав кунсенчех Сталин пĕлнĕ. Владимир Ильичăн секретарĕсем Л. А. Фотиевăпа М. А. Володичева кайса каласа кăтартнă, Ленин ыйтнине пурнăçламан. Сталин, ун пирки Ленин мĕнле сĕнӳ панине шута илсе, Генеральнăй секретарь вырăнĕнче юлма мĕн кирлине пурне те тунă. «Ленин каламан капла, унăн чирĕ çапла калать», тенĕ Сталин. Çапла суйса ĕнентересе, РКП кĕпĕрне комитечĕсене Политбюро ячĕпе пур çĕре те çыру янă. Съездчен партие «çапла» хатĕрлесе, Генеральнăй секретарьте тăрса юлнă.

Крупскаяна кӳрентерсе пĕтернĕ хыççăн виçĕ уйăхран Сталин каллех шăнкăравланă. Владимир Ильичран нимĕн те пытарса тăмаскер, Надежда Константиновна кам тата мĕн пирки калаçнине каласа кăтартнă, унччченхи пăтăрмаха та аса илнĕ. Хăй вилнĕ хыççăн Надежда Константиновнăна Сталин тĕрлĕ майпа хĕсме пултарасса пĕлсе, Ленин ăна хăй енчен хӳтĕлеме шутланă, Сталин патне ятарласа çыру çырнă. Секретарьне Володичевăна чĕнсе илсе, çапла çыртарнă:

«Эсир манăн мăшăра телефон патне чĕнсе тӳрккес сăмахсемпе кӳрентерсе пĕтернĕ. Вăл çакăн çинчен манса кайма сăмах панă пулин те, ун урлă çакăн çинчен Зиновьевпа Каменев пĕлнĕ. Мана [illegible]

# КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

[Вĕçĕ. Пуçламăшĕ 1-мĕш страницăра].

### ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ КАЛИНИН РАЙОНĔ ТĂРĂХ

#### 21-мĕш Калинин суйлав округĕ

Владимир Николаевич **Адушкин**, 1946 çулта çуралнă, Чăваш АССР суту-илӳ министрĕн пĕрремĕш заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Галина Семеновна **Зорина**, 1937 çулта çуралнă, Шупашкарти кондитер фабрикинчи пай начальникĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Нина Петровна **Сиверская**, 1939 çулта çуралнă, Шупашкарти чăлхапа трикотаж фабрикин директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

#### 23-мĕш Школьнăй суйлав округĕ

Крета Лазаревна **Валицкая**, 1940 çулта çуралнă, КПСС Чăваш обкомĕн организациллĕ-партиллĕ ĕçпе кадрсен ĕçĕн пайĕн заведующийĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать:

Николай Поликарпович **Ефимов**, 1956 çулта çуралнă, Шупашкарти «Текстильмаш» производство пĕрлешĕвĕн поликлиникинчи врач-отоларинголог, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

#### 27-мĕш Промышленнăй суйлав округĕ

Олег Александрович **Волков**, 1938 çулта çуралнă, Шупашкарти КПСС XXIV съезчĕ ячĕпе хисепленекен агрегат завочĕн директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Юрий Никитич **Илларионов**, 1947 çулта çуралнă, Чăвашпотребсоюзăн юсавпа монтаж комбиначĕн директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Анатолий Алексеевич **Маслов**, 1939 çулта çуралнă, Шупашкарти КПСС XXIV съезчĕ ячĕпе хисепленекен агрегат завочĕн директорĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Клавдион Никитич **Никитин**, 1937 çулта çуралнă, «Шупашкар хулинчи ăшă паракан сеть» предприятин энерги хуçалăх службин начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Валерий Петрович **Степанов**, 1938 çулта çуралнă, халăх депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕн пĕрремĕш заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

#### 28-мĕш Кувшински суйлав округĕ

Зоя Леонидовна **Михайлова**, 1959 çулта çуралнă, Шупашкарти КПСС XXIV съезчĕ ячĕпе хисепленекен агрегат завочĕн [illegible] ника базин цехĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Федор Михайлович **Петухов**, 1951 çулта çуралнă, Шупашкарти водопроводпа канализаци хуçалăхĕн производство управленийĕн бригадирĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Николай Демосович **Федоров**, 1961 çулта çуралнă, Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствин патрульпе пост службин подразделени командирĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ МУСКАВ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

#### 54-мĕш Нижегородски суйлав округĕ

Василий Александрович **Башминов**, 1948 çулта çуралнă, халăхăн йăлă ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçĕн Чăваш территори производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Олег Петрович **Караваев**, 1949 çулта çуралнă, «Чувашгражданпроект» институтăн директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Владимир Михайлович **Матвеев**, 1952 çулта çуралнă, «Кварц» наука-производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕн заместителĕ, Шупашкарти «Орбита» радио-электронлă аппаратурă техникипе суту-илӳ тăвакан центрăн директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Геннадий Георгиевич **Ордеев**, 1951 çулта çуралнă, СССР Промстройбанкĕн Чăваш республикинчи управленийĕн начальникĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Надежда Васильевна **Семенова**, 1939 çулта çуралнă, республикăн 1-мĕш клиника больницинчи уйрăм заведующийĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Станислав Васильевич **Рудич**, 1944 çулта çуралнă, «Чувашстройматериалы» производство пĕрлешĕвĕн главнăй инженерĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Юрий Сергеевич **Томашов**, 1952 çулта çуралнă, Атăл çинчи пĕрлештернĕ юханшыв пароходствин Шупашкар портĕнчи теплоход капитанĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Тамара Ивановна **Чумакова**, 1932 çулта çуралнă, Чăваш государство музыка театрĕн солистки, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

#### 55-мĕш Киров суйлав округĕ

Петр Ильич **Романов**, 1945 çулта çуралнă, Чăваш республикинчи «Металлист» производство пĕрлешĕвĕн Шупашкарти заводĕнчи рабочи, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

...на кĕмесĕр иртмелли çулсем хывасси çине пысăк тимлĕхпе пăхма палăртнă.

## Таллинн

Эстонире Ял промышленноçĕн союзне йĕркеленĕ. Унта ялхуçалăх продукцине тирпейлекен, ытти таварсем туса кăларакан государство тата кооперации хуçалăхĕсем, промысла артелĕсем, кооперативсем, хутордсен хусисем хăйсен ирĕкĕпе пĕрлешнĕ. Союза, тĕпрен илсен, нумай çулсем хушши хушма производствăра ĕçленĕ хуçалăхсем кĕнĕ. Вĕсенчен нумайăшĕ хăйсем валли консерва заводĕсем, кондитер цехĕсем, строительство материалĕсем кăларакан тата йывăçа тирпейлекен цехсем туса лартнă, хăшĕ-пĕрисем электронлă техника кăлараççĕ.

## Ташауз

Куня-Ургенч хулинчи потребительсен обществин кооператорĕсем, тавар туянакансен интересĕсене шута илсе, апат-симĕçе «пытарса» лартнă. Кунта Туркменире пĕрремĕш хут хăвăрт пăсăлакан ялхуçалăх продукчĕсене упрамалли склад хута кайнă. Складра пĕр вăхăтрах 40 тонна таран продукци упрама пулать, кирлĕ температурăна стенасем тытса тăраççĕ. Сивĕ сывлăша хĕллехи кунсенче пăрăхсем тăрăх складa хăвалаççĕ. Тачă хупнă складра кирлĕ температура (нуль градуса яхăн) нумай уйăх пĕр пек тăрать.

## Городовиковск

Калмăк АССРĕнчи Городовиковск районĕнчи «Комсомолец», «Башантинский», «Новый» совхозсен, «Ленинец» колхозăн, совхоз-техникумăн вĕренӳпе производство хуçалăхĕн тĕп усадьбисене выранти çул-йĕр строительсем автономиллĕ республикăн столицине Ставропольрен тата Дон çинчи Ростовран килекен шанчăклă автотрассăсемпе çыхăнтарнă. Шăпах çак районта çулсем япăх пулни ялхуçалăх ĕçченĕсене пысăк йывăрлăхсем кӳнĕ. Халĕ районти ытти хуçалăхсем патне те асфальт сарнă çул хываççĕ. Пилĕкçуллăхăн тăваттăмĕш çулĕ выранти çул-йĕр строительсемшĕн уйрăмах эффективлă пулнă. Вĕсем пĕтĕмпе 138 километр тăршшĕ автотрасса хывнă. Çакă вăл унчченхи çулсенчен икĕ хут нумайрах.

---

кунта иртнине. Хваттерĕнче те Ленин пурăннă вăхăтри пекех хăварма тăрăшнă вĕсем. Самах май каласан, Кремльти музейри экспонатсем пурте — Владимир Ильичăн унан çывăх çыннисен чăн-чăн япалисем. Ытти музейсенчи çав енĕпе те уйрăлса тăрать вăл.

В. И. Ленинăн Кремльти кабинечĕпе, хваттерĕ СССР правительствин çуртĕнче виççĕмĕш хутра вырнаçнă. Унта кĕрсе курас текенсем питĕ йышлă, анчах пурне те йышăнма май çук. Çав çуртра правительство ĕçлет-çке, коридорсем тăрăх вĕçĕмсĕр иртекен халăх ĕçре чăрмантарнă пулĕччĕ. Çавăнпа тĕрлĕрен делегацисемпе ушкăнсене, хамăр çĕршыври тата чикĕ леш енчи паллă çынсене йышăнмалли сырлахма тивет.

— Юлашки вăхăтра ĕççынсем социаллă тĕпĕслĕх туса хурасси пирки ытăва сивĕч лартаççĕ. Партин Пĕтĕм Союзри XIX конференцийĕнче те, СССР халăх депутачĕсен съезлĕнче те хускатрĕç ăна. Хăшпĕр руководительсем тĕрлĕрен çăмăллăхсемпе усă курнипе халăх кăмăлсăр. Çав енчен пăхсан, калăр-ха: Ленинпа Крупская мĕнле пурăннă?

— Ун чухнехи йывăр вăхăтра иккĕшне те апат-çимĕç тĕкан производенийĕсе çырна чух тĕрлĕрен кĕнекесенче, хаçат-журналта пичетленнĕ экономикăпа социаллă пурнăç материалĕсене тишкернĕ. Илемлĕ литература та чылай вуланă.

Кремльти кабинечĕпе хваттерне курма килекенсем пĕрмаях ыйтаççĕ: Ленин питĕ ĕçлĕ çын пулнă çĕртех мĕнле майпа нумай вулама ĕлкĕрнĕ-ха? Питĕ ĕçчен пулни пулăшнă ăна—талăка 16—18 сехет ĕçленĕ вăл. Тата хăйне евĕр вулама пултарнипе. Вуланă чух эпир 2—3 йĕрке куратпăр. Хăшпĕрисем абзац таран курма пултараççĕ. Владимир Ильич вара хăйне страница таран пăхса илсе асра тытса юлма хăнăхтарнă. Вуланă чух вăл конспектсем туман, хăйне кирлĕ страницăсен номерĕсене çеç çырса илнĕ. Çав номерсене пăхсанах вăл унта мĕн çинчен калани асa илме пултарнă. Ăна çывăх пĕлнĕ çынсем каланă тăрăх, Владимир Ильич куннe 500—600 страница вулама ĕлкĕрнĕ.

— Тĕлĕнмелле! Çу тĕлĕшпе те вĕренмелли нумай иккен Ленинран. Çулçăç кунçулне тĕпченĕ май, Людмила Ивановна, Эсир, паллах, унăн мăшăрĕн пурнăçĕпе те интересленнĕ ĕнтĕ. Калăр-ха, мĕншĕн Марксистла кружоксемпе çыхăнни тата Г. В. Плеханов ĕçĕсене вулани ăна пурнăçри тĕллеве тĕрĕс суйласа илме май панă. Владимир Ульяновпа 1894 çулхи февраль вĕçĕнче Питĕрти марксистсен канашлăвĕнче паллашнă. Çавăн хыççăнах ăна рабочисене политика воспитани парас ĕçре пулăшма тытăннă. Революци ĕçĕшĕн иккĕшĕ те тĕрмере ларса тухнă хыççăн Çĕпĕре ссылкăна ярсан, вĕсем 1898 çулта мăшăрланнă. Çавăн хыççăн ăçта пурăнсан та, Надежда Константиновна Ленинăн парти ĕçĕнчи чи шанчăклă çынни пулнă, ăна пур енĕпе те пулăшнă. Сăмахран, урăх çĕршывра эмиграцире пурăннă çулсенче, Российăри парти организацийĕсемпе тытакан çыхăнăва йĕркелесе пырса, унта 30 пин вăрттăн çыру çырса янă! 30 пин! Мĕн чухлĕ вăйпа чăтăмлăх кирлĕ пулнă!

— Официаллă йĕркепех сыраннă пулсан, мĕншĕн-ха Надежда Константиновна Ульянова хушамат илмен? Савăнпа мар-и чикĕ леш енче хăшпĕрисем: «Вĕсем чăннипех мăшăрланман, ятне кăна тунă, пĕр-пĕрне юратман», — тесе калаççĕ, тет.

— Савăн пек шутлакансен пĕлесчĕ: мĕнле хытă юратнă савăннă.

Мĕншĕн ача пулман-ха? Надежда Константиновна чирлĕ пулнă, çавăнпа ача туман. Вĕсем ача пулас çуккине мăшăрланнă хыççăнах — Çĕпĕрти Шушенское ялĕнче ссылкăра чухнех пĕлнĕ. Ача çуратма май килменнишĕн иккĕшĕ те ĕмĕр тăршшĕпех пăшăрханнă...

— Тата тепĕр ыйту, Людмила Ивановна. Халĕ Ленин Сталинăн пысăк çитменлĕхĕсене уçăмлăн курса тăни пирки тăтăшах çыраççĕ. Съезд ячĕпе хатĕрленĕ çырура вăл Сталина, ытла та тӳрккес пирки, партин Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕнчен хăтарса ун вырăнне урăх çынна суйлама сĕннĕ. Анчах мĕн сăлтавпа-тăр, Ленинăн вырăнлă канашне шута илмен. Çавăншăн кайран партипе халăхăн пысăк инкек тӳсме тивнĕ...

— Акă мĕн каламалла: Ленин хăй часах вилессе никамран та лайăхрах пĕлнĕ. Çак çырăва çырнинче вăл темиçе хут та йывăр чирлесе выртнă-çке. Малтан—1922 çулхи май уйăхĕнче — сылтăм аллипе ури йĕркеллĕ хускалма пăрахнă, калаçма та йывăрланнă. Чĕрĕлсе ĕçе тытăнсан нумай та вăхăт иртмен—декабрьте сывлăхĕ каллех начарланнă. Çав Надежда Константиновнăпа Сталин тĕрлĕ майпа хĕсме пултарасса пĕлсе, Ленин ăна хăй енчен хӳтĕлеме шутланă, Сталин патне ятарласа çыру çырнă. Секретарьне Володичевăна чĕнсе илсе, çапла çыртарнă:

«Эсир манăн мăшăра телефон патне чĕнсе тӳрккес сăмахсемпе кӳрентерсе пĕтернĕ. Вăл çакăн çинчен мана кайма сăмах панă пулин те, ун урлă çакăн çинчен Зиновьевпа Каменев пĕлнĕ. Мана хирĕç тунă ĕçе эпĕ çăмăллăнах манма пултараймастăп. Манăн мăшăра хирĕç тунă ĕç вăл мана хирĕç тунă ĕçпе танах. Çавăнпа та пĕлтерме ыйтатăп: Эсир хăвăр сăмаха каялла илсе каçару ыйтма килĕшетĕр-и е пирĕнпе çыхăну тытма пăрахасшăн?».

Çак çырăва çырнă вăхăтрах Ленин хăйне начар туйма пуçланă. Тепĕр ирпе çырăвне Сталина алла пама, хирĕç ответ илсе килме ыйтнă. Çырăвне илсе кайсанах сывлăхĕ сасартăк начарланнă: сывлăшĕ пӳлĕнме пуçланă, чĕлхи çĕтнĕ...

Чăн та, Сталин Н. К. Крупскаяран каçару ыйтнă. Анчах Владимир Ильич патне пĕрре те пыман.

Çапла, нумайрах пĕлетĕн—ытларах тĕлĕнетĕн...

---

чальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Валерий Петрович **Степанов**, 1938 çулта çуралнă, халăх депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕн пĕрремĕш заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**28-мĕш Кувшински суйлав округĕ**

Зоя Леонидовна **Михайлова**, 1959 çулта çуралнă, Шупашкарти КПСС XXIV съезчĕ ячĕпе хисепленекен агрегат заводĕнчи рабочи, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**30-мĕш Пролетарски суйлав округĕ**

Михаил Михайлович **Минеев**, 1932 çулта çуралнă, Шупашкарти водопроводпа канализаци хуçалăхĕн производство управленийĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Виктор Ефимович **Новицкий**, 1949 çулта çуралнă, КПСС Калинин район комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**39-мĕш Ашмарин суйлав округĕ**

Антолий Анисимович **Анисимов**, 1951 çулта çуралнă, Шупашкарти пĕрлештернĕ авиаотрядăн авиацине техкапитанĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Тамара Ивановна **Чумакова**, 1932 çулта çуралнă, Чăваш государство музыка театрĕн солистки, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**55-мĕш Киров суйлав округĕ**

Петр Ильич **Романов**, 1945 çулта çуралнă, Чăваш республикинчи «Металлист» производство пĕрлешĕвĕн Шупашкарти заводĕнчи рабочи, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Анастасия Сергеевна **Ярадайкина**, 1934 çулта çуралнă, халăх депутачĕсен Муркаш район Совечĕн ĕç тăвакан комитечĕн социаллă пулăшу пайĕн заведующийĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**59-мĕш Граждански суйлав округĕ**

Геннадий Павлович **Баранников**, 1941 çулта çуралнă, халăх депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Венера Абдрахмановна **Печникова**, 1941 çулта çуралнă, В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕнчи пай начальникĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

---

*• Рабочи трибуни*

# ПАХАЛĂХ ĂÇТА?

Мĕн çамрăкранпах кирпĕч çапнă çĕрте ĕçлетĕп. Кирпĕч яланах питĕ кирлĕ строительство материалĕ. Тăвайри завода районти уйрăм хуçалăхсем пĕр вăтăр çул каялла хăйсен вăйĕсене пĕрлештерсе туса лартнăччĕ. Хăйсен нушисене тивĕçтерсе тĕр, терĕç. Халĕ ялти производство çурчĕсене кăна мар, шкулсемпе больницăсем, клубсемпе ача сачĕсем нумайрах та нумайрах тăваççĕ. Кирпĕчĕ вара тупса илме йывăр материал пулса тăчĕ.

Пирĕн завод районти «Янтиковская» строительство организацийĕн, колхозсемпе совхозсен, харпăр хăй тĕллĕн кил-çурт лартакансен ыйтăвĕсене тивĕçтерет-и? Халлĕхе çук-ха. Пĕлтĕр эпир 3,6 миллион кирпĕч сутнă. Кăçал 3,7 миллион кăларма палăртнăччĕ, анчах «Чувашагропромстрой» пĕрлешӳ темшĕн заказа çур миллион кирпĕч чухлĕ пĕчĕклетрĕ. Заводăн хăвачĕсем, вĕсене кал-кал ĕçлеттерсен, тăватă миллион штук туса кăларма çитеççĕ. Хисепсĕр пуçне, пахалăх çине питĕ тимлĕ пăхмалла. Ку енĕпе ситменлĕхсем нумай, çавă чуна ыраттарать те.

Пĕлтĕр пĕтĕм продукцие пĕр хакпа сутнă. Пĕлместĕп, тен, продукци туянакансене эпир ăна лайăх пахалăхлă тесе улталанă, тен, чăннипех те лайăх кирпĕч туса кăларса, йӳнĕ хакпа сутнă та — хамăр тăкак тӳснĕ. Кирпĕч пахалăхне йĕркеллĕн нихăçан та палăртман. Лабораторие ячĕшĕн çеç ярса паратпăр-ши? Çакă мĕнрен килет-ха? Технологи процесне карьертан тăм илнинчен пуçласа кирпĕче кăмакара хĕртнĕ таранах чуххăммăн туса пыратпăр.

Акă, уйрăм тĕслĕхсем. Кирпĕч тумалли тăм пахалăхне тĕпчеместпĕр. Ăна çăрнă чухне, пăчкă кĕрписĕр пуçне, нимĕн те хушмастпăр. Тăмне вĕри шывпа е пăспа мар, сивĕ шыв ярса çемсететпĕр. Çапнă кирпĕче типĕтме 6—7 рет вырăнне 13-шер рет купалатпăр. Хĕртмелли кăмакана лартнă чухне унăн нӳрĕклĕхне пĕлместпĕр. Çунакан кăмакари температурăна та сăнаса тăмастпăр. Контроль, анализ, виçев приборĕсем çук-çке.

Мĕнрен килет-ха кун пек йĕркесĕрлĕх? Пирĕнни пек пĕчĕк предприятире директор пĕр вăхăтрах инженер та, механик та, технолог та, экономист та, бухгалтер та. Шел, юлашки çулсенче ун пек руководительсем тупăнмарĕç. Вĕсем улшăнсах тăчĕç. Хальхи директор В. Петров ырă улшăнусем тăвасса шанатпăр, мĕншĕн тесен вăл пĕрремĕш кунсенченех пĕтĕм лару-тăрăва тишкернинчен, пирĕнпе, заводра нумай çул ĕçлекенсемпе, тăтăшах канашланинчен ĕçе пуçăнчĕ.

Тепĕр йывăрлăх вăл — кадрсем вĕçĕмсĕр улшăнса тăни. Ку вăл завод çуркунерен пуçласа кĕркуннеччен çеç ĕçленипе çыхăннă.

Лайăх пахалăхлă кирпĕч туса кăларма мĕн сĕннĕ пулăттăм? Чи малтан, завода çулталăкĕпех ĕçлекен предприяти туса хумалла. Çуллахи-кĕркуннехи тапхăрта ситеклĕ чухлĕ кирпĕч калăпласа хăварма хăватсем те, сарайсем те пур. Вĕсемпе туллин усă курни кирлĕ. Çавăнпа та технологи процесĕсене пăхăнас тата ĕçе йĕркелес енĕпе татăклă улшăнусем тумалла.

Технологирен пуçлам. Тăм пахалăхне пĕлмесĕр ĕçлемелле мар. Ăна запасникра тытмалла, вĕтетмелли механизмсем лартмалла, мĕнмĕн хутăштарассине палăртмалла. Кирпĕч калăпламалли икĕ агрегат пур. Пĕри çĕнĕ, тепри — кивĕ. Киввине пăрахăçлас марччĕ, резервра пултăр вăл. Темиçе çул ĕнтĕ автоукладчик тутăхса ларать. Ăна ĕçе ямалла. Конвейер хăвăртлăхне ӳстерес тĕлĕшпе шухăшласа пăхмалла пулать. Алă вăйĕпе тăвакан ĕç — хĕртмелли кăмакана кирпĕч лартасси. Паллах, туннеллĕ кăмака пулсан, вагонеткăсемпе çеç кĕртсе тăратмалла та, ун пекки çук-çке. Малашне ăна та тăвасчĕ. Технологи процесне контроллесе тăма приборсем вырнаçтармаллах.

Еçе комплекслă механизацилемесен, ялан ĕçлекен кадрсен ыйтăвне татса параймастпăр. Халĕ заводра ĕçлеме колхозсемпе совхозсем çынсем уйăрса парасса шанатпăр. Малтанлăха ку меслетпе те килĕшме пулнă. Калăпăр, колхоз е совхоз пире çынсем уйăрса парать, эпир вĕсене палăртнă вăхăтра тата килĕшнĕ чухлĕ кирпĕч сутатпăр.

Юлашкинчен çакна калам. Халиччен пирĕн ĕç укçи продукци пахалăхĕпе пачах та çыхăнман. Кирпĕчне хĕртсе кăларас та, план тултарас, тенĕ. Ку йĕркесĕрлĕхе пăрахăçламалла. Паллă ĕнтĕ, ĕç укçи юлашкинчен пулакан результатпа — кирпĕч туса кăларнипе çыхăнмалла. Пирисем хуçалăх расчечĕпе ĕçлеме, теприсем завода арендăна илме, виççĕмĕшсем кооператив йĕркелеме сĕнеççĕ. Авă, Канаш районĕнче Уçырмара, Вăрмар районĕнче Энĕшпуçĕнче кирпĕч завочĕсем тухăçлă та тупăшлă ĕçлеççĕ. Пирĕн вара халлĕхе никам та вĕсем патне çитсе, вĕсен опычĕпе паллашма шутламасть-ха.

Наукăпа техника çитĕнĕвĕсем, малта пыракан опыт пирĕн пата хăйсем тĕллĕн пырса кĕмĕç. Вĕсене тишкерессi, ĕçе кĕртесси — хамăрăн тивĕç.

**Н. РЕДЬКОВ.**
**Тăвайри кирпĕч заводĕнчи рабочи.**

---

**КОММУНИЗМ ЯЛАВНЕ**
**ОТВЕТЛЕÇÇĔ**

# Мерăсем йышăннă

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра пĕлтĕрхи июлĕн 25-мĕшĕнче пичетленнĕ «Пăхса тăрсах... çунтараççĕ» рейд материалĕ пирки КПСС Муркаш райкомĕ çапла пĕлтерет: статьяра илсе кăтартнă фактсем пĕтĕмпех тĕрĕс.

Халăх депутачĕсен район Совечĕн ĕçтăвкомĕ, хуçалăх органĕсем, ял Совечĕсен ĕçтăвкомĕсем пушар хăрушсăрлăхĕ енĕпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ, акă мĕншĕн районти производство объекчĕсенче те, граждансен кипти хуçалăхĕсенче те час-часах пушар тухать.

Статьяна районти хуçалăх руководителĕсен канашлăвĕнче сӳтсе явнă, «Новая Юнга» тата «Герой» колхозсен руководителĕсем А. И. Васюхинпа А. М. Суворов пĕлтернисене итленĕ. Çитменлĕхсене пĕтерес енĕпе конкретлă мерăсем туса хатĕрленĕ.

Паянхи кун тĕлне «Новая Юнга» колхозра кашни ялтах пушар сӳнтермелли тĕрлĕ хатĕрсем пур. Кăпас ялĕнче шыв илмелли пирс тума тытăннă. Колхоз çĕнĕ пушар машинни туяннă.

Культура учрежденийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсемшĕн, райсовет ĕçтăвкомĕн решенийĕпе, культура пайĕн заведующине Р. Е. Седатловăна — выговор, Юнка ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председательне Н. А. Ястребовăна çирĕп выговор панă. Госпожнадзор инспекцийĕ пушар хăрушсăрлăхĕн правилисене пăснăшăн колхоз председательне А. И. Васюхина тата техника хăрушсăрлăхĕ енĕпе ĕçлекен инженера В. А. Кабуркина штраф тӳлеттернĕ. КПСС членĕсене Юнкăри Культура çурчĕн директорне В. П. Иларионова тата П. Я. Илларионов хуралçăна «Новая Юнга» колхозри коммунистсен пухăвĕн решенийĕпе выговор панă.

«Герой» колхозра хальхи вăхăтра сысна фермин витисене çĕнĕрен тăваççĕ. Колхоз председательне А. М. Суворова ферма ĕçне начар ертсе пынăшăн РАПО уполномоченнăйĕсен совечĕн решенийĕпе выговор панă, главнăй зоотехника Е. И. Паргеевăна, главнăй инженера В. К Тюрина, техника хăрушсăрлăхĕ енĕпе ĕçлекен инженера В. С. Бардасова, сысна фермин заведующине Л. М. Сорокинăна Госпожнадзор органĕсем штраф тӳлеттернĕ. Сысна фермин заведующине тата фермăра ĕçлекен уйрăм работниксене ĕçрен кăларнă. «Герой» колхозри коммунистсен пухăвĕн решенийĕпе КПСС членне А. М. Суворова учет карточки çине çырса çирĕп выговор панă. Л. М. Сорокина коммунистăн персональнăй ĕçне çитес парти пухăвĕнче пăхса тухма йышăннă.

**В. КРАСНОВ,**
**КПСС Муркаш райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ.**

* * *

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра пĕлтĕрхи июлĕн 28-мĕшĕнче пичетленнĕ «Пушартан сыхланма çăмăлрах» рейд материалне районти агропромышленность совечĕн ларăвĕнче сӳтсе явнă, унти фактсем тĕрĕс тесе йышăннă.

АПО совечĕн решенийĕпе колхозсемпе совхозсен руководителĕсене çак статьяна колхозсен правленийĕсен ларăвĕсенче, коллективсенче сӳтсе явма, унта кăтартнă çитменлĕхсене пĕтермешкĕн конкретлă мерăсем йышăнма хушнă.

«Большевик» колхозра 1991 çулта çĕнĕ пушар деповĕ. «Досаево» колхозра ăшă гараж тума йышăннă. 1990 çулта çулсене асфальтпа витес тĕлĕшпе нумай ĕçлеме тивет. Тĕслĕхрен, çитес çул районти колхозсемпе совхозсенче кăна 19,6 километр çула асфальт сарма 3,5 миллион тенкĕ уйăрнă, çав шутра «Красноармейский» совхозра — 2,1, «Нива» совхозра 1,1 километр асфальт сармалла.

АПО совечĕн решенийĕпе, «Прогресс» тата «Красное Сормово» колхоз правленийĕсене пушар машинисемпе ытти тĕллевпе усă курмашкăн чарăнма сĕннĕ. Колхозсен мĕнпур руководителĕсене колхоз правленийĕсен ларăвĕсенче пушар работникĕсене ĕç укçи тӳлес ыйтăва сӳтсе явма хушнă. Хальхи вăхăтра районти çыхăну узелĕ телефон çыхăнăвне лайăхрах йĕркелес тĕлĕшпе уйрăм ĕçсем туса иртерет.

**И. ЕФИМОВ,**
**Красноармейски районĕнчи агропромышленность пĕрлешĕвĕн председателĕ.**

# ПĔРРЕМĔШ НОМЕР

## *Ульяновскра чăвашла «Канаш» хаçат тухма пуçларĕ*

Чăваш халăхĕн çурри республика тулашĕнче пурăнать. Весенчен 100 пинĕ — Ульяновск облаçĕнче. Иртнĕ çул Чĕмпĕр чăвашĕсем тăван культура, çутĕç ыйтăвĕсемпе ĕçлекен И. Я. Яковлев ячĕпе хисепленекен общество йĕркелерĕç. Общество пĕрремĕш кунсенченех çанна тавăрса ĕçлеме пуçăнни куçкĕрет — темиçе уйăхранах хăйĕн тĕп тĕллевĕсенчен пĕрне пурнăçа кĕртме пултарчĕ: декабрĕн 30-мĕшĕнче чăвашла хаçат кун çути курчĕ. Вăл «Канаш» ятлă, эрнере пĕр хутчен тухса тăрать. Мĕншĕн-ха хаçата «Канаш» ят панă? Кун пирки пĕрремĕш номерте пичетленнĕ «Аван-и, вулакан» умстатьяра çапла каланă: «...Паян чи пахи—кашни çын хăй шухăш-кăмăлне уççăн, пĕтĕм халăх илтмелле калама пултарни. Уççăнлăх, Ирĕклĕх, Хăвăртлату, Демократи... Этемлĕхĕн чи маттур ывăлхĕрĕшĕн ăнлавах хаклă пулнă сăмахсем паян çĕнĕ содержанипе тулса янăрарĕç.

Анчах пархатарлă ĕçре йывăрлăхсемпе тумхахсем те сахал мар. Общество чирĕ шала кайни сисĕнет. Экономикăри, социаллă пурнăçри, культурăри пăтăрмахсем сакан çинчен каласĕ те. Эппин, чăниипех ирĕклĕ çĕрĕн хуçисем пулса тăрас тесен, мĕн тумалла-ха? Çамрăк ăрăва хăйĕн аппăшĕсемпе асламăшĕсен ырă йăла-йĕркисене аталантарса та йышлатса пыма мĕнле вĕрентмелле, пулăшмалла? Ку чухнехи наукăпа техника прогресĕ аталанса пына условисенче çутçанталăк пуянлăхне малашнехи ăрусем валли епле тĕрĕс-тĕкĕл сыхласа хăвармалла? Пиншин каткăс ыйту тăрать умра. Вĕсене ăнаçлă татса парас тесен, пĕр-пĕрнипе канашласа, ырми-канми вăй хурас пулать. Пурсăмăр та пĕрле пухăнса канашлама калама çук пысăк кермен кирлĕ пулнă пулĕччĕ. Унашкал аудитори валли вырăн тупма майĕ те çук. Кунта шăпах ĕнтĕ пире çĕнĕ хаçатăмăр пулăшĕ. «Канаш» чăннипех те халăх трибуни пулса тăрасса шанас килет».

«Канаш» — КПСС Ульяновск обкомĕн, халăх депутачĕсен область совечĕн тата чăвашсен облаçри И. Я. Яковлев ячĕпе хисепленекен çутĕç обществин органĕ.

Пĕрремĕш страницăра парти обкомĕпе облĕçтăвком «Канаш» тата «Ĕмĕт» (ана Ульяновскра тутарсен «Туган тел» обществи кăларса тăрать) хаçатсене пĕрремĕш номерсем тухнă ятпа ырă сунса саламлани пур. «Эпир «Ĕмĕт» тата «Канаш» наци хаçачĕсем облаçри тутар тата чăваш халăхĕсен аннă сийĕсем патне революциллĕ çĕнетӳ идейисене çитересси, ĕç çыннисене политика ĕçне анлăрах хутшăнтарма, çамрăксене ĕçпе нравственность воспитанийĕ парас тĕлĕшпе пухнă халăх опычĕпе туллинрех усă курма пулăшасса шанатпăр», — тесе палăртнă саламлă çырура.

Пĕрремĕш номер тухнă ятпа хаçата Чăваш АССР Писателĕсен союзĕ, Ульяновск облаçĕнчи тутарсен «Туган тел» тата нимĕçсен «Возрождение» çутĕç обществисем саламланă.

«Эпир — пĕрлĕхлĕ çемье» рубрикăпа хаçатра А. Алексеев журналистăн «Наци культурине аталантарма» статйи пичетленнĕ. Унта Ульяновск облаçĕнчи чăвашсен И. Я Яковлев ячĕпе хисепленекен çутĕç обществине туса хуни çинчен самах пырать.

«Çĕнетӳ утăмĕсем», «Малъелсем малалла пахаççĕ», «Аппак ачисен тӳпи» материалсем Чĕмпĕр чăвашĕсен паянхи пурнăçне, хуçалăх ĕçĕнчи çитĕнӳсемпе çитменлĕхсене сăнлаççĕ.

«Яковлев, Иванов, Çеçпĕл...» тĕрленчĕк чăваш скульпторĕ Алексей Майрасов тăван литературăпа искусствăн çăлтăрĕсен палăкĕсене ăсталас енĕпе ĕçлени çинчен каласа парать. Чăваш халăхне çутта кăларассишĕн Чĕмпĕр хулинче çур ĕмĕр ырми-канми ĕçленĕ Иван Яковлевич Яковлев палăкĕн проектне те пичетленĕ кунта.

Хаçатăн тăваттăмĕш страницинче — сатирăпа кулăш лаççи. Кунта Виталий Енĕшпе Анатолий Чебанов сыравçăсен кулăшла калавĕсемпе паллашма, «Шăпăр» страницăн ĕмĕт-тĕллевĕ çинчен вуласа пĕлме пулать.

Номер декабрĕн 30-мĕшĕнче тухнине шута илсе, хаçатра Çĕнĕ çул сăввисемпе юррисем валли вырăн уйăрнă.

Ульяновск облаçĕнчи чăвашсен хаçачĕ эрнере пĕрре тухса тăрать. Офсет меслечĕпе, икĕ тĕспе Ульяновск область типографийĕнче пичетленет. Редакци халлĕхе парти обкомĕн суртĕнче вырнаçнă, адресĕ: 432600, Ульяновск хули, Ленин площачĕ, КПСС обкомĕ, массăллă информаци хатĕрĕсен секторĕ, «Канаш» хаçат редакцийĕ.


Çĕнĕ çул ячĕпе сире, юлташсем!
Канаш
Аван-и, вулакан!

«Канаш» хаçатăн пĕрремĕш номерĕ 2 пин экземплярпа тухрĕ, иккĕмĕш номерĕн (вăл январĕн 6-мĕшĕнче кун çути курчĕ, хаçат шăматкунсерен тухать) тиражĕ — 3 пин. Пĕр номер хакĕ — 3 пус, çулталăкне — пĕр тенкĕ те 44 пус. Хаçата Ульяновскра çеç мар, область тулашĕнчи сыхăну уйрăмĕсемпе «Союзпечать» агентстви́сенче те çырăнса илме пулать. Индексĕ — 54474. «Канаш» кăларăшĕ райхаçатăнни пек, пĕр номер гонорарĕ — 115 тенкĕ.

Чăвашла тепĕр хаçат çуралчĕ. Пĕлтерĕшĕ питех те пысăк унăн. Эппин, «Канашпа» вăрăм та пуян кунсул, сирĕн вăй-хал сунар. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕ чĕртнĕ тăван культурăпа çутĕç кăвайчĕ Ульяновск çĕрĕ çинче нихçан та ан сӳнтĕрчĕ.

А. ВРАЖКИН.

# УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## Килĕштерсе ĕçлемелле

Урăх çĕршывсенчи массăллă информаци органĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ, СССР Верховнăй Совечĕн Председателĕ М. С. Горбачев Литва ССРĕнче пулнине анлăн çутатаççĕ. Вĕсем Вильнюсра, Литван тĕрлĕрен районĕсенче М. С. Горбачевпа халăх хушшинче тӳрĕ кăмăллă калаçусем пулса иртнине палăртаççĕ. Сав калаçусен тĕллевĕ — коммунистсен вăйĕсене пĕтĕçтересси, обществăлла тĕрлĕрен юхăмсен позицийĕсене тĕплĕн тишкересси.

ЛОНДОН. Великобритани премьер-министрĕ Маргарэт Тетчер çакна шанса тăнине палăртнă: Совет Союзĕн руководстви реформăсен çулĕ çинче тухса тăракан кирек мĕнле йывăрлăха та çĕнтерĕ. «Ман шутпа, М. С. Горбачев çĕршыври процессене питĕ ăнăçлă йĕркелесе пырать, — тенĕ вăл. — М. С. Горбачев хăйĕн шухăшĕсене çине тăрса хӳтĕлеме пултарать, çĕршыв умĕнче тăракан задачăсем мĕн тери пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине ăнланать, çынсен тĕллевĕсене пĕлсе тăрать. Вăл кивĕ система юрăхсăр пулнине те ăнланать». М. Тэтчер ССР Союзĕ малалла кайса пырассине шанса тăнине палăртнă.

ПАРИЖ. «Антенн-2» телевидени программи Совет Союзĕн руководителĕ, хирĕçӳсене пĕтерес тесе, халăхпа калаçма тăрăшнине палăртать.

«Михаил Горбачев çураçмалли майсем шырать. Унăн Литвари тĕлпулăвĕсем центр нацисен юхăмĕсем тĕлĕшпе малашне мĕнле политика тытса пырассине палăртмалла», — тесе çырать «Монд» хаçат.

БОНН. Хальхи вăхăтра КПСС Союза кĕрекен 100 ытла наци пĕрлештерекен ·вăй пулса тăрать, тесе çырать «Гамбургер абендблат» хаçат. Çĕнетӳпе усă курса, çак вăя сирсе яма хăтланакансем Совет Союзĕн пĕрлĕхне сăтăр тунишĕн ответлă. Литовецсем, латышсем тата эстонецсем хăйсем тĕллĕн пурăнма тăрăшнине эпир ăнланатпăр. Анчах пирĕн вĕсене тӳсĕмлĕ пулма, виçене пĕлме ыйтмалла. Çĕнетӳ иртнĕ вăхăтри мĕнпур йывăрлăхсенчен пĕтĕмĕшпех хăтараймасть пулин те, малашнехи ырă пурнăç патне илсе çитерет. Кам çĕнетӳ политикине сиен кӳрет, çавă халиччен тунă мĕнпур ӳсĕмсене çухатма пултарать.

ВАШИНГТОН. М. С. Горбачев Литва çыннисене çакна ăнлантарса çитерессе шанать: Мускавăн та, республикăсен те харпăр хăй тĕллĕн пурăнмалли майсене çирĕплетес ыйтусене ССР Союзĕнчен уйрăлнипе мар, суверенитетлă республикăсен союзĕнче татса памалла, тесе çырать «Вашингтон пост» хаçат.

(ТАСС, январĕн 12-мĕшĕ.).

## Вăйсене пĕрлештермелле

БУДАПЕШТ. (ТАСС). Венгрири рабочисен социалистла партийĕпе Венгрири социалистла парти хушшинче теори, политика тата организаци тĕлĕшĕнчен уйрăмлăхсем пур пулин те, вĕсем йĕркеллĕ çыхăну тытма, политика тĕлĕшĕнчен килĕштерсе ĕçлеме пултараççĕ. Çапла каланă ВСРПăн Ĕç тăвакан секретариачĕ ВСП Президиумне янă çырура.

ВСРП çапла шутлать: тăванла сулахайри икĕ парти хушшинчи хирĕçӳсем вĕсен пĕрлехи тăшманĕшĕн — сылтăмри вăйсемшĕн кăна усăллă пулма пултараççĕ. Венгрире демократизаципе çĕнетӳ процесĕсем вăйланса пынипе пĕрлех буржуазие каялла таварассишĕн уççăнах кĕрешекен вăйсем те пур. Халăхпа общество интересĕсене асла хурса, çак кĕрешĕве чарса лартмалла, демократи никĕсĕ çинче политикăллă системăпа экономика системи туса хумалла, çак тĕллеве пурнăçа кĕртмешкĕн сулахайри мĕнпур вăйсене пĕрлештермелле, тесе шутлать ВСРП.

## Тинĕс хăрушлăхра

•

ЛОНДОН, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Çурçĕр тинĕсĕ — хăрушлăхра. «Гринпис» организаци пĕлтернĕ тăрах, Британи правительстви çитес эрнере çак тинĕс тĕпне 50 пин тонна ытла промышленность каяшĕсем пăрахма шутлать.

ФРГ, Швеци, Норвеги, Голланди тата ытти çĕршывсен правительствисем, Великобританин ялхуçалăх министерствин Çурçĕр тинĕсне наркăмăшла химилле веществосемпе вараламалли хăрушă планĕсем пирки пăшăрханнине палăртнă.

## Çыхăнусене аталантарасшăн

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). США́ри ĕçлĕ ушкăнсен представителĕсем Совет Союзĕпе тата Хĕвелтухăç Европăри ытти çĕршывсемпе суту-илӳпе экономика çыхăнăвĕ тытассине хăвăртрах аталантарасшăн. Çакна «Форчун» журнал «Кларк Мартир энд Бартоломео» тĕпчев фирмипе пĕрле США́ри чи пысăк 500 корпораци шутне кĕрекен компанисен руководителĕсен шухăшне ыйтса пĕлни кăтартса парать. Руководительсен 67 процентĕ хăйсем çакна çирĕп ĕненнине палăртнă: çитес çирĕм çул хушшинче Хĕвелтухăç Европа тĕнчери суту-илĕвĕн тĕп центрĕсенчен пĕри пулса тăрĕ.

Бизнесменсен 73 процентĕ çакна йышăннă: Пĕрлешӳллĕ Штатсем ССР Союзĕн çĕнетӳ политики туса хунă майсемпе туллин усă курмаççĕ. Бизнесменсем хăйсем Совет Союзĕпе суту-илӳ тата экономика енĕпе килĕштерсе ĕçлемешкĕн тытăнма шутланине палăртнă. Бизнесменсен 66 процентĕ çитес икĕ çул хушшинче совет рынокĕнче паллăрах вырăн йышăнма шутлать.

США́ри ĕçлĕ ушкăнсем икĕ аслă держава хушшинчи суту-илӳпе экономика çыхăнăвĕнче «сивĕ вăрçă» тапхăрĕнчен юлнă сиенлĕ йăласемпе чăрмавсенчен хăтăлма, ССР Союзĕ тĕлĕшпе Вашингтонăн официаллă политикине тĕпрен улăштарма шутлаççĕ.

## Йывăрлăхран илсе тухмалла

МАНИЛА, январĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Филиппин президенчĕ Корасон Акино правительствăн ятарласа палăртса хатĕрленĕ меморандумĕ çине алă пуснă. Унта администрацин çĕршыва экономика тĕлĕшĕнчи йывăр лару-тăруран илсе тухас тата Филиппин халăхĕ хушшинчи чухăнлăха пĕтерес тĕлĕшпе ĕçлемелли программине палăртнă.

Çав документпа килĕшӳллĕн çĕршыври паллă министерствăсемпе ведомствăсем ялхуçалăх производствин калăпăшне ӳстерес, çĕрес реформине хăвăрт...

## СУЙЛАВ ВĂХĂЧĔ

«Суйлав вăхăчĕ: КПССăн вырăнти комитечĕсем халăх депутачĕсен Совечĕсене йĕркелене политикăри çĕнĕ лару-тăрура» кĕнеке пичетленсе тухнă. Кĕнекере СССР халăх депутачĕсен суйлавĕ мĕнле иртнине Пĕтĕм Союзра тĕпчени результачĕсене тишкернĕ, влаçăн вырăнти органĕсене суйламалли уйрăмлăха пăхса тухнă, влаçăн вырăнти органĕсене наукăпа информаци тĕлĕшĕнчен тивĕçтермелли программăсемпе методикăсен ярăмне сĕннĕ.

Кĕнекене Политиздат пичетлесе кăларнă.

(ТАСС).

## *Вулакансем патне çитрĕ*

КПСС обкомĕн идеологи пайĕ кăларакан «Агитатор блокночĕн» 1990 çулхи пĕрремĕш номерĕ пичетленсе тухнă. Вăл КПСС Центральнăй Комитечĕн пĕлтерĕвĕ ...

Василий ВЕСЕЛОВ

**Василий Яковлевич Яковлев (Веселов) çак кунсенче çитмĕл тултарать. Вăл Канаш районĕнчи Матьшӳре çуралнă. Хĕрĕх çул ытла журналистикăра — хаçатсенче, «Капкăн» журналта ĕçленĕ. Çав хушăрах сăвăсем те сахал мар çырнă. Ăна Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе, медальсемпе наградăланă.**

**Паян эпир Василий Веселовăн икĕ сăввине пичетлетпĕр.**

## ХУÇИ ĔÇКЕ ЯРĂННĂ ЧУХ

Вăл хут çырмасть, алă пусмасть,
Пырса курмасть ĕç пӳлĕмне.
Çапах килте ларса канмасть,
Сиксе юлмасть каç пулнине:
Ĕçет ирпе, каçпа ĕçет,
Эрех тесен, таçта çитет,

Кĕрекере ялан малта,
Вăл кăтартать хăй тапăтне.
Курка пексен, ĕçет шăлтах,
Унтан пуçлать хăй сăмахне:
— Эп кам! Эп халь хуçа ялта,
Мана сăвман çын вăл — калта!..

Сăмахĕ ак пат татăлать,
Пĕкет хуçа пуçне-куçне.
Унтан ӳт-пĕвĕ тайĕлать,
Кайса ӳкет тенкел хыçне.
Анчах çак пуçлăх тенĕскер

Çĕршыв валли сĕт ăсанмасть,
Çӳрт-йĕрĕ те юсавлă мар,
Кантăк та ваннă-мĕн чăлпар,

Ура хуçса сиксе ташлать
Шăх çил ачи сив витере...
Ĕни çимест сĕтек апат,
Силосĕ çук кур.тере.
Пăмаççă улăм тураса,
Тытать-мĕн выльăх ураса...

Хуçа пĕлмест, çакна туймасть,
Пырса курмасть вăл витене.
Çапах килте выртса канмасть,
Сиксе юлмасть кун иртнине:
Ĕçет ирпе, каçпа ĕçет,
Эрех тесен таçта çитет.

*Лайăх çынсем çинчен*

## ЯЛАН РУЛЬ УМĔНЧЕ

Мĕн ачаранлах техникăна юратнă Н. Федоров. Çака кайран, вăхăт иртнĕçем, пурнăçри ĕмĕт кăна мар, чăнлăх пулса тăнă. Пуян опыт пухнă шофера халĕ Елчĕк районĕнчи Çуткӳл тата Вырăскасси ялĕсенче кашни ватă, кашни çамрăк аван пĕлет. Вăл колхоз правленийĕ хăйне шанса панă кирек епле ĕçе те пысăк тимлĕхпе пурнăçлать. Кирлĕ пулсан, ыттисене пулăшма та ӳркенсе тămасть. Ака мĕншĕн пурте хисеплеççĕ ăна.

Хăйĕн машинине сехет пек юсавлă тытать, — тенине те илтме пулать. «Урожай» колхоза умарсасан, шоферсем машинăсене шăпа ярса пайланă. Николай Егоровичăн «урапалла тусе» никама та мар, унчченхи хуçине «шырăса тупнă».

## США çарĕсем тапăннипе пула

МЕХИКО, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). США çарĕсем Панамăна тапăнса кĕнине пула Панама каналне хупни пирки Гватемала нефть продукчĕсем илсе тăраймасть. Гватемала правительстви халĕ бензинпа тата ... секретарĕ Карлос Анлеу пĕлтернĕ.

Апрель çуррине çитиччен те лару-тăру лайăхланасса кĕтме çук, тенĕ вăл. Нефть продукчĕсем тиенĕ пирвайхи танкерсем çав вăхăт тĕлне çеç пирĕн пата çитес...

органĕсене суйламалли ун... рамăлла пахса тухнă. Влаçан выранти органĕсене ... информации телешонченчи ти... вĕстеремелли программăсем... не методикăсен ярăмне сĕнĕ... те.

Кĕнекене Политиздат пичетлесе кăларнă.

(ТАСС).

### *Вулакансем патне çитре*

КПСС обкомĕн идеологи пайĕ кăларакан «Агитатор блокночĕн» 1990 çулхи пĕрремĕш номерĕ пичетленсе тухнă. Вал КПСС Центральнăй Комитечĕн пĕлтĕрхи декабрĕн 25—26-мĕшĕсенче пулса иртнĕ Пленумĕ çинчен пĕлтерипе уçăлать.

«1990 çула кĕрсе» редакци статйинче журнал кăçалхи палла событисем çинчен пĕлтерет. 1990 çул — КПСС XXVIII съезчĕн çулĕ, кăçал эпир Владимир Ильич Ленин çуралнăранпа 120 çул çитнине, Аслă Отечественнăй вăрçăра çĕнтернĕренпе 45 çул çитнине тата Чăваш автономине туса хунăранпа 70 çул çитнине палла тăватпăр.

«Çĕнĕтӳ: шырав, опыт, результатсем» рубрикăпа Шупашкар хулинчи КПСС Ленин райкомĕн пĕррĕмĕш секретарĕн В. Дмитриенкăн «Парти комитечĕ — политика енчен ертсе пыракан орган» статйине пичетленĕ.

Журналта Куславкка хула торгĕнчи производствăлла экономика семинарĕн пропагандисчĕ Г. Матушкина вĕренĕве мĕнле йĕркелени çинчен «Интереслентерме пĕлни кирлĕ» статйăра каласа парать.

Вулакансен ыйтăвĕсене тивĕçтерсе, редакци КПСС Чăваш обкомĕн парти архивĕн наука сотрудникĕ Ф. Федоров пухса хатĕрленĕ «Вĕсем партин область организацине ертсе пынă» материалсене пичетлеме пуçларĕ.

Журналта техника наукисен докторĕн, А. Синяков профессорăн «Катастрофăсене... малтанах пĕлсе тăма» статйине пичетленĕ.

Н. БЕЛЕБЕНЦЕВ.

### Çĕнĕ автовокзал

Çĕрпӳре çĕнĕ автовокзал ĕçе яна. Аслă та хатла, кирпĕчрен туна çурт çул çӳрекенсемĕн мелле, Горький — Хусан çулĕ хĕрринче, хулан кăнтăр енче вырнаçнă. Ана «Спецстроймеханизаци» трестăн куçса çӳрекен 8-мĕш механизациленĕ колоннинчи Ю. Овчинниковăн прораб участокĕ туса лартнă.

Вокзал çуртне шалтан хакла чул-плитасемпе илемлетнĕ. Зал, вицĕ касса. Кунтах — «Трансагентство» кассии. Пĕчĕк ачасемпе пассажирсем, шоферсем канмалли, диспетчер пӳлĕмĕсем пур. Япаласем усрамалли автомата икĕ аппарат вырнаçтарнă.

Пĕр вырăнта 21 çул ĕçленĕ Р. Захарова аслă кассир, вокзала паллаштарнă май, ун таврашĕнче автотранспорт тăмалли вырăна асфальт сарса пысăклатсан, кунта Çĕрпӳ витĕр çӳрекен автобуссем те чарăнма тытăнасси çинчен каласа пачĕ. Халĕ автовокзалтан автобуссем тăхăр маршрутпа çула тухаççĕ.

О. ОСИН.

## ХУÇИ ĔÇКЕ ЯРĂННĂ ЧУХ

Вăл хут çырмасть, алă пусмасть,
Пырса курмасть ĕç пулĕмне.
Çапах килте ларса канмасть,
Сиксе юлмасть кăç пулнине:
Ĕçет ирпе, каçпа ĕçет,
Эрех тесен, таçта çитет.

Кăркаран апан марта...
...
Курка пексен, ĕçет шалтах,
Унтан пуçлать хăй сăмахне:
— Эп нам! Эп хаьь хуça ялта,
Мана саsман çын вăл — калта!..

Сăмахĕ ак пат татăлать,
Пĕкет хуçа пуçне-куçне.
Унтан ӳт-пĕвĕ тайăлать,
Канса ӳкет тенкĕ хыçне.
Анчах çак пуçлăх тенĕскер
Аса илмест хаьь нимĕскер:

Хуçа ĕçке ярăннă чух
Хуçалăхра йĕркелĕх çук,
Енн те ун сĕт антармасть,

Çĕршыв валли сĕт ăсанмасть.
Çурт-йĕрĕ те юсавлă мар,
Кантăк та ванчă-мĕн чăппар,

Ура хуçса сиксе ташлать
Шух çил ачи сив витере...
Енн сиксе сĕтен апат,
...
Памаççĕ улăм турасă,
Тытать-мĕн вылăх урасе...

Хуçа пĕлмест, çакна туймасть,
Пырса курмасть вăл витене.
Çапах килте вырса канмасть,
Сиксе юлмасть кун иртнине:
Ĕçет ирпе, каçпа ĕçет,
Эрех тесен таçта çитет.

Эрех-сăра вăл ыр тумасть,
Çиет ĕса пуса йăлтах,
Малашлăха куçу курмасть,
Кайран чĕрӳ сикет кăлтах.
Еçе-ĕçе эрех-çăра
Яту та юлĕ ятсăрах!..

## ЧИПЕР АРĂМ

Эп курсаттăм каçхине
Чакăр куçлă сар хĕре.
«Тен, кĕтет пуль каччине!» —
Çулăмланчĕ ман чĕре.

Чăмăр мар-и кăкрисем,
Утать акăш евĕрлех.
Мăшăр сивĕт кăтрисем
Вĕлкĕшеççĕ çилсĕрех.

Йăл! кулаççĕ тутисем,
Çырла пиçнĕ питĕнче.
Кĕмĕл сывлăм шăрçисем
Йăлтăраççĕ куçĕнче.

Тем тесен те ку хĕре
Эп вĕçертмĕп аллăран.

«Арăм пулăн пурпĕрех», —
Терĕм чунăм савнăран.

Пурăнатпăр виçĕ çул
Çамрăк мăшăр йĕркипе.
Çапах чунĕ кăсăк чул,
Вăл çуман-ха пĕр кĕпе.

Ĕçрен килнĕ-килменех
Хам чупатăп шыв патне.
Ирĕн-каçăн, кулленех
Пĕçеретĕп апатне.

Вăл пур — тĕкĕр умĕнче
Сăрланать-мĕн çур сехет:
Хĕрелет те тутине,
Хуратать куç харшине.

Çиĕнче чăпар кĕпе,
Вĕр-çĕн ата урине.
Акăш-макăш, кунĕпе
Çӳрет Атăл хĕрринче.

Пурпĕрех-ха тем çитмест:
«Илсе пар, — тет çĕн шлепке.
Киве мода килĕшмест —
Эп çӳресшĕн кĕрĕкпе...»

Тутаннан эп пĕр черкке
Эрех-сăра тенине,
Юратать ман чиперкке
Хĕрлине те суттине.

Ан ăмсанăр хитрине, —
Тенĕ мар-и ваттисем:
«Хăшпĕр лайăх япалан
Ăшĕ япăх пулакан».

## ЧĂННИПЕХ САВĂНТАРАТЬ ЯРМĂРККА

### «Чувашкабель» завод ĕçченĕсене

**ИКЕ ПИН ТЕ ПИЛЕКÇĔР ÇЫНЛА КОЛЛЕКТИВРА ĔÇЛЕКЕНСЕН САКĂРВУНĂ ПРОЦЕНЧĔ ХĔРАРĂМСЕМ ПУЛНИНЕ ШУТА ИЛСЕ, АДМИНИСТРАЦИПЕ ПРОФСОЮЗ КОМИТЕЧĔ, ЗАВОДРИ ХĔРАРĂМСЕН СОВЕЧĔ ТУРНАСПА ИАЛА УСЛОВИЙĔСЕНЕ ЛАЙĂХЛАТАССИНЕ ЯЛАНАХ МАЛА ХУРАÇÇĔ. ЮЛАШКИ ÇУЛСЕНЧЕ ЫРА УЛШĂНУСЕМ САХАЛ МАР ПУЛЧĔÇ.**

КУНĔПЕХ ставок умĕнче иртерĕ хĕрарăмăн смена хыççăн та ĕç вĕçленмест-çке: çемьене тăрантармалла, тумлантармалла. Магазинсенче черетре тăрса мĕн чухлĕ вăхăт усăсăр иртмест-ши тата?

Çакна шута илсе, заводра апат-çимĕç продукчĕсен магазинне уçнă. Сĕт-çу, малтан панă заказсем тăрăх ашь-пăш, сахăр-песук е ытти япала туянма пулать купта. Хушма хуçалăх магазина апла, пылла тивĕçтерет.

Хулари ательесенчен çурма хатĕр кĕпе-тумтир илсе килсе сутасси йĕркене кĕнĕ. Вăл е ку япалана çĕлеттерме заказ пыщăнаççĕ. Закройщицăсем эрнере икĕ хут пулаççĕ. Унсăр пуçне, вырăнтах атă-пушмак, сехет юсаттарма пулать. Хулари суту-илӳ предприятийĕсенчен те, малтан килĕшсе татăлнă тăрăх, тĕрлĕ йышши тавар сутма килеççĕ. Ака, иртнĕ кунсенче кăпа-ха «Чувашкабель» заводри хĕрарăмсем ача-пăча валли колготкине туянчĕç.

АЧА çитĕнтерекен кирек хăш çемьере те пĕчĕкленсе кайнă, анчах питĕ, тĕсне сухатман кĕпе-тумтир, çипуç пурах. Тепĕр чухне капсĕрлеççĕ, ытлашши вырăн йышăнаççĕ вĕсем. Çĕтĕк-çатăка пăрахма хĕрхенмелле пек. Хурантуш-пĕлĕшсене сĕнме те аванах мар. Тен, савнашкал япаласене пĕрле ĕçлекенсем хушшинче ярмăркка йĕркелесе сутмалла? — ака мĕнле шухăш çуралнă профком комитечĕпе хĕрарăмсен советĕнче. Упăн председателĕпе И. Карпеевăпа профком членĕ С. Бородова хĕрсех ĕçе пикенчĕ, хĕрарăмсемпе канашланă. Кĕçех ярмăркка пуласси çинчен пĕлтерӳ çырса çакнă. «Аукцион майлă тума шутланăччĕ те, ĕç тухмарĕ, — тесçĕ халĕ Ирина Петровнăпа Светлана Ильинична. — Япаласен пысăк пайĕ комисси алли витĕр тухичченех сутăнса пĕтрĕ. Ара, вăл е ку çыннăн ытлашши япала пуррине кам пĕлтĕр. Еçе илсе пырсан курчĕç, аякалла салатма шутламарĕç те».

Халĕ çакнашкал ярмăркка йăлана кĕчĕ ĕнтĕ. Çуран-кĕрĕн иртерĕççĕ вĕсене. Чăпах та, пытармалли çук, сутас текенсем тупăма кăмăл тăвакансенчен ытларах пулин те, çак мероприяти пĕлтерĕшĕ пысăк. Сахал ĕçлесе илекен е пумай ачаллă çемьесене ытла пулăшать вăл.

ПАХА пуçарăва ырланă май, акă мĕн сĕнес килет: çакнашкал суту-илӳрен комисси укçа пухса (комисси магазинĕсенчи евĕр) пĕр-пĕр ача-пăча учрежденине е ватăсен çуртне шефла пулăшсан сăвăплă пулмалла. Халлĕхе вара ярмăркка пĕрисене ытлашши япаласенчен хăтăлма, теприсене кирлĕ япалалла пуяма кăна пулăшать-ха.

Тӳрех каламалла, хĕрарăмсен совечĕ пуçарулла та тăрăшуллă пулни сисĕнет. И. Карпеева шучĕпе, администраципе профсоюз комитечĕ çынсен пуçарăвне куллен пиштерессипе паха. Завод директорĕпе М. Кирилловпа профком председателĕ В. Иванов çынсемпе ĕçлеме пĕлеççĕ, вĕсен пушшипе аналаççĕ, май пур таран, пурлăхпа та, морать тĕлĕшĕнчен те пулăшса хавхалантарса пыраççĕ. Коллективра вĕсем ертсе пыма тытăннăранпа социаллă пурнăç аталанăвĕ вăй илсех пырать.

Ача-пăчана ясли-сада вырнаçтарас ыйтăва татса панă ĕнтĕ. Заводăн хăйĕн виçĕ ясли-садик пур. Çулла-кĕркунне Атăл хĕрринчи «Шанчăк» кану базинче рабочисен вăхăтне усăллă ирттереççĕ. Столовăй, сауна-мунча ĕçлеççĕ. Пионер лагерь корпусĕсенче хĕл кунĕсенче профилактори уçнă.

Цехсенче те йăла условийĕсем лайăхланса пыраççĕ. Гигиена пӳлĕмĕсем, мунчасем ĕçлеççĕ. Виççĕмĕш цехра, вăл аренда подрячĕ çине куçнă май, психотерапи пӳлĕмĕ уçма шутлаççĕ.

Пĕлтĕрхи декабрĕн 12-мĕшĕнче завод коллективĕ çуралнă кунне паллă тунă. Улва паянхи рабочисемпе пĕрле кана тухнă тава тивĕçлĕ работниксем, ветерансем пухăннă. Ырă улшăнусемшĕн ытти çемьепе пĕрлех хĕрарăмсем совечĕ ячĕпе те ăшă сăмахсем каламалла вĕсем.

В. ИЛЬИНА.

...перĕ çĕмĕт кана мар, чанлах пулса тана. Пуян опыт пухна шофера халĕ Елчĕк районĕнчи Çуткăл тата Вырăскасси ялĕсене кашни вата, тата çамрăк ... аван пĕлет. Вăл колхоза правленийĕ ыйтма шанса панă кирек епле ĕçе те пысăк тимлĕхпе турнаçласа тăвать. Кирле пулсан, ыттисене пулăшма та ӳркенсе тăмасть. Ана мĕншĕн пурте хисеплессе ăна.

Хăйĕн машинине сехет пек юсавла тытать, — тенине те илтме пулать. «Урожай» колхоза уйарсасан, шоферсем машинăсене шăпа ярса пайлана. Николай Егоровичан «урапалла тусе» пикама та мар, унчченхи хуçине «шыраса тупна».

Ял халăхĕ те, вута-брикет, строительство материалĕсем турттарса килмелле-и, Федоров машинине кăмаллать.

Н. Федоров тырпул пухса кĕртнĕ çĕрте тăрашуллă пулчĕ.

Сăмах май каласан, ачисем те, улми йывăççинчен аякка ӳкмест тенĕ сĕрех, ашшĕ суйласа илнĕ профессие савнă. Олег — Шупашкарти пĕр стройкăра кранпа ĕçлет, кĕçĕнни — Юрий, Совет Çарĕнче автомашина çӳретет.

— Ĕçне кура хисепĕ, — теççĕ халăхра. Ырă кăмăллă, пултаруллă шоферăн кăкăрне «Хисеп Палли» орден, социализмла ăмăртура çĕнтерӳшĕн панă медальсем чыс кӳреççĕ.

Колхоз правленийĕ ăна нумай хутчен Хисеп грамотисемпе, дипломсем, хаклă парнесем парса чыс-хисеп тунă.

Н. КРУГЛОВ.

Елчĕк районĕ,
Курнавăш ялĕ.

...ремсене США чи пысăк 500 корпорации шутне кĕрекен компанисен руководителĕсен хушшинче ыйтса пĕлни кăтартса парать. Руководительсен 67 процентĕ хăйсем çакна çирĕп ĕненнине палăртнă: çитес çирĕм çул хушшинче Хĕвелтухăç Европа тĕнчери çут-илĕвĕн тĕп центрĕсенчен пĕри пулса тăрĕ.

Бизнесменсен 73 процентĕ рынокĕпе тĕрлĕ... ... выран шăмма шутлать.

«США...» ĕçлĕ ушкăнсем икĕ аслă держава хушшинчи сутуилӳпе экономика çыхăнăвĕсене «сивĕ вăрçă» тапратнăчен юхăн сиелĕ йăласемпе чарма... Вашингтонăн официаллă политикине тĕпрен улăштарма шутлаççĕ.

...

## США çарĕсем тапăннине пула

МЕХИКО, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). США çарĕсем Панамăна тапăнса кĕнине пула Панама каналне хупнă пирки Гватемала нефть продукчĕсен илсе тăраймасть. Гватемала правительстви халĕ бензинпа тата ытти горючипе усă курма çирĕп лимитсем çирĕплетнĕ. Çакăн çинчен Гватемала президенчĕн канцелярийĕн пресс-секретарĕ Карлос Анлеу пĕлтернĕ.

Апрель çуррине çитиччен те лару-тăру лайăхланасса кĕтмесçук, тенĕ вăл. Нефть продукчĕсем тиенĕ пирвайхи танкерсен çав вăхăт тĕлне çеç пирĕн пата çитĕç.

Гватемала столицинче тата çĕршыври ытти хуласене бензоколонкăсенчен нумайăшĕ ĕçлемест.

## Инкек тӳснĕ район

ВАШИНГТОН, январĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). США президенчĕ Джордж Буш Техас штатĕнчи Рио-Гранде юханшывĕн айлăмне инкек тӳснĕ район тесе пĕлтернĕ тата çĕнĕ çул умĕн тăнă шартлама сивĕсем вăхăтĕнче инкек тӳснĕ фермерсене федеральнăй пулăшу пама хушнă. Шартлама сивĕсем вăхăтĕнче Рио-Гранде айлăмĕнче уйрăмах цитрус йывăççисем пĕтнĕ, пухса илмелли улма-çырласен 70 проценчĕ яхăн шанса кайнă. Тăкаксен пĕтĕмĕшле хакĕ 385 миллион доллара танлашать. Çав хушăра айлăмри фермерсем 1983 çулхи шартлама сивĕсем хыççăн çĕнĕ йывăççисем чĕртсе тин çеç çимĕçсем пухса илме тытăннă пулнă. Ун чухне 20 пин гектар лаптăк çинчи цитрус йывăççисем пĕтнĕ пулнă.

## Венăри «çавра сĕтел» хушшинче

ВЕНА. (ТАСС). Австри столицинче «Европа» темăпа «çавра сĕтел» хушшинчи тĕлпулу иртереççĕ. Унта Европа континенчĕн малашлăхĕ çинчен, унти политикăллă структурăсем çинчен, экономика, наукăпа техника тата культура аталанăвĕн, таврари çутçанталăк проблемисем çинчен, этем прависем пирки пĕр-пĕрин шухăшĕпе паллашаççĕ. Тĕлпулура палăртакан мероприятисене 28 çĕршыври политика деятелĕсем хутшăнаççĕ. Вĕсем — Хĕвелтухăç Европăри христианла-демократла партисен центристла партисен, çавăн пекех Хĕвелтухăç Европăри государствăсенчи тĕрлĕ ĕçлесе пурăнакан организацисемпе пĕрлешӳсен представителĕсем. США, Канада, Япони, Австрали, Çĕнĕ Зеланди представителĕсем тĕлпулăва сăнавçăсем пулса хутшăнаççĕ.

Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсенчен — Болгарирен, Венгрирен, Демократиллĕ Германи Республикинчен, Польшăран, Румынирен, Совет Союзĕнчен, Чехословакирен, Югославирен представительсем хутшăнаççĕ. Тĕлпулура Мускавран суйланă халăх депутачĕсем те, Латвия тата Эстони халăх фрончĕсен тата Литва «Саюдисĕн» представителĕсем те пур.

«Çавра сĕтел» хушшинчи калаçусен тĕллевĕсенчен пĕри — Европăри процеса малалла аталантарма сĕнӳсем палăртса хатĕрлесси.

## КĔСКЕН ТЕМТЕПĔР

### Ача-пăча савăнăçĕ

ЛИБРЕВИЛЬ. Габон столицин сывăхĕнчи «Санта Клара» пляжне çав тери пысăк бегемот тухма тытăннă. Кашни шăматкунпа вырсарникун вăл çывăхри юханшывран ишсе пырать те пĕр шиклемесĕр çыран хĕррине тухать, çынсем сĕнекен симĕс курăкпа тутлă çимĕçсене кăмăлласах çиет. Çакă ача-пăчана уйрăмах хытă савăнтарать. Бегемотсем пĕрле çӳрекен тусĕ пур. Анчах вăл çынсем патне çывхарма шикленет.

Бегемотсем ялан тенĕ пекех çынсенчен ютшăнаççĕ. Либревиль хулинчи общественноçть таврари çутçанталăка сыхлас ĕç министерстви умне гиппопотама сыхлама требовани лартнă.

### Килти хуçалăхра пулăшма

ТОКИО. Ирхи апат хатĕрлесси, пӳрт-çурта тирпейлесси тата кулленхи ытти темĕн тĕрлĕ ĕç çинчен шухăшласан, кирек мĕнле хĕрарăмăн та кăмăл пăсăлать. Ыйхăран вăрансан, вăл çак мĕнпур ĕçсем пирки шутламан пулĕччĕ, куçĕпех ачасемпе иртерĕ пулĕччĕ, хăйне мĕн кирлине тунă пулĕччĕ. Хĕрарăмсемшĕн хаклăхе çакă — «йăпануллă ĕмĕт» кăна. Анчах, Япони инженерĕсен шухăшĕпе, вăл çак ĕмĕт пурнăçа кĕресси нумай та юлман иккен.

Японири 133 компани тата обществăлла 20 организаци нумаях пулмасть туса хунă совет килти хуçалăх ыйтăвĕсене татса парас тĕлĕшпе ĕçлеме тытăннă.

### Вăрă-хурахла ĕçсем

ПАНАМА. Нумаях пулмасть çак çĕршыва тапăнса кĕнĕ американецсем чăннипех вăрăхурахла ĕçсем тунипе палăрнă. Чи малтанах вĕсем республика столицинчи мĕнпур музейсене çаратнă. Нацин культура музейĕнче вĕсем калама çук хаклă япаласем, çав шутра Панама республикин пĕррĕмĕш ялавне вăрланă. Интервентсенчен чи пысăк антропологи музейĕ те çав тери пысăк çухату тӳснĕ.

### Крокодила çĕнтернĕ

КАНБЕРРА. Крокодила «çара алăпа» çĕнтерме пулать-и? Пулать иккен. Австралире пурăнакан 33 çулхи Джонни Банджо ирте вырсарникун çакна ĕнентернĕ.

Дарвин хулинчен 200 километрта Дейли юханшывĕнче шыва кĕнĕ чухне ăна виçĕ метр тăршшĕ аллигатор тапăннă. «Хăрушлăха асăрхамасăр, эпĕ чăмăрăм та тӳрех крокодилан калама çук пысăк çăварне лекрĕм, — тенĕ Джонни. — Телее, эпĕ вата çынсен каканне аса илтĕм: ун пек чухне крокодила куçĕнчен çапмалла. Эпĕ çапла турăм та. Кĕтмен çĕртен кусĕ ыратса кайнипе аллигатор çăварне уçса янă. Джонни унăн шăлĕсенчен хăтăласа çыранала ыткăнна. Врачсем сипленипе халĕ унăн хăрушлăх иртсе кайнă ĕнтĕ.

(ТАСС).

*Театрта—премьера*

# ШАНЧӐК ПУРРИСЕНЕ ҪӖНТЕРЕЙМӖН...

**Чӑваш ҫамрӑкӗсен театрӗн сцени ҫине Валерий Иовлев ҫӗнӗ спектакль кӑларчӗ. Лев Устиновӑн чи паллӑ пьесине Арсений Тарасов чӑвашла «Чикансемпе тӗрме хуралҫисем» ятпа куҫарнӑ.**

Сценографи йӗркинчех (художникӗ Валентин Федоров) спектакль сӑнарӗ ҫуралнӑ. Тӗнчене икӗ тан мар пайсене уйӑрнӑ. Ҫӳлте — тӗрме хуралҫисем, тӗнчене тӗрме туса хунӑ этемлӗх тирансем, аялта — хӗвелпе хӗртӗннӗ ҫӗр ҫинче — ирӗклӗхе юратакан халӑх — чикансем. Ҫакӑнтанах пурнӑҫ «философийӗ» ӳкерӗнет. Ҫӳлтисем, кӑкӑр тулли орден ҫакса, ҫӑмӑллӑн, ирӗккӗн сывлаҫҫӗ, аялтисем сывлӑш ҫитмесӗр пӑванаҫҫӗ. Тӗрме хуралҫисем —хуҫисем кулаҫҫӗ, машкӑлаҫҫӗ. Халӑх хурлӑх юрри ӗнерлет. Халӑхӑн пӗр кун юлнӑ. Ырантан вӑл чунӗпе чуралӑха кӗрсе ӳкет.

Мӗнре-ши халӑх хевти, шалти вӑй-хавачӗ? Тӗрмере те, сывлӑш ҫитмесен, мӗнле пурӑнӗ: паранӗ-ши хуҫа-хуралҫӑсене е чун кӑвайчӗн ӑшшине сӳнтерме? Ҫак ыйтусем ҫине хурав шырать режиссер. Асаплӑха асаплӑн ӳкерет, пурнӑҫ йӗркине тытакансене куракан тӳрех палламалла кӑтартать.

Пурнӑҫ тӗрекӗ — шуррине те курнӑ, асап-хурине те тӳснӗ, ватасен ӑс-мулӗ, философийӗ ҫамрӑк ӑрава куҫса-хывӑнса пынинче. Ҫак килпетлӗ шухӑша режиссерӗ Ваттин (Чӑваш АССР тава тивӗҫлӗ артисчӗ Василий Павлов) сӑнарӗпе Арҫын ача (Чӑваш АССР культурӑн тава тивӗҫлӗ ӗҫченӗ Елена Иовлева) сӑнарӗ урлӑ йӗрлет. Кирек те мӗнле хурлӑхра хӑй саванаҫӗ пур, кирек те хӑш чуралӑхӑн хӑй вӗҫӗ пур. Ҫен пуҫланмӑш ҫеҫ кирлӗ. Анчах мӗнле хатӗрленмелле, мӗнле ҫывхартмалла ӑна? Ененӳпе, чун ененӗвӗпе. Ҫав хурава Ваттипе Ача хайсенче упраҫҫӗ. Ыттисене — ирӗклӗх килессе шанма-кӗтме пӑрахнӑскерсене —ӗнентерме тӑрӑшаҫҫӗ. Ватти калай такӑкне мӗльюншар хутчен шаккасан ылтӑн укҫа пуласса. Ача хӑй вылякан шартан пӗлетсем — сулхӑн (ирӗклӗх) илсе килекен пӗлӗтсем— тӑвасса шанаҫҫӗ. Актерсем ҫак шанӑҫа кӑтартма вӑййине тупнӑ. Кунта — Ваттин ӑс-хакӑлне ӑспахла ӳкерни те, Ача ирӗклӗхшӗн — амӑшӗшӗн, халӑхӗшӗн — кӗрешӗве тухма хатӗр пулнине ҫамрӑклӑх хӗрӳлӗхӗпе сӑнлани те.

Амӑш асапне Валентина Сурикова актриса хӑй чунӗ витӗр кӑларса вылять. Хӗрхенме пӗлнине те, хурланма пултарнине те, шанчӑкшӑн ҫуннине те кӑтартать.

Иекӗтпе Хӗр хурлӑхне Чӑваш АССР тава тивӗҫлӗ артисткипе Лидия Красовапа Сергей Павлов артист чикансен ташши урлӑ сӑнарлаҫҫӗ. Шанӑҫа ҫухатни, ӗненме пуҫлани, ирӗклӗхшӗн тӑни — йӑлт ташӑра. Шанчӑка «чӗнсе» чӗртнӗ самантсенче С. Павлов чун чанне «ҫапса» мар, ытларах кашкӑрса кӑтартас тени пурха. Чикан ирӗклӗхне сасӑпа мар, хӑтланчӑш хӗрӳлӗхӗпе кӑтартсан ӗнентерӳллӗрех пулмӗ-ши?

Тӗрме хуҫисен — хуралҫӑсен сӑнарӗсене портретла паллӑмалла ӳкернӗ. Валерий Лукьянов артист пур халӑхсен мухтавлӑ ашшӗне те, Ылтӑн Ҫӑлтӑрсен кавалерне те, хаяр фюрера та пӗр тан ӑсталӑхпа вылять, этемлӗх историйӗнче влаҫа вӑйпа тытнӑ тӗрлӗ тирансен паллӑ енне—власть пур ҫинчех, тӗрмесем пур ҫинчех—халӑх чун ирӗклӗхӗнчен, пӑхӑнманлӑхӗнчен хӑранине кӑтартать. Халиччен ырӑ та ҫепӗҫ чунсене ӑста вылякан Светлана Савельева Майшӑлан сӑнарне тума урӑхларах вӑйӑ тӗсӗсем тупма пултарайнӑ. Артистка сасӑпа ахӑрса ҫеҫ мар, кашни хусканӑвӗпе тӗрме хуҫисене Хуҫа пулма май панисен, вӗсене тытса таракансен характерне уҫӑмлӑ сӑнарлать. Виҫкуҫ хаярлӑх-тискерлӗхне Иван Путяков артист тӗпрен илсен гримпа кӑтартать. Ку сӑнара та ытларах хускану, вӑйӑ мелӗпе кӑтартнӑ пулсан аванрах пек. Пӗлӗтсен Турамӑшӗн (Чӑваш АССР тава тивӗҫлӗ артистки Валентина Музыкантова) «никам майлӑ та мар» психологине те кӑшт тарӑнрах сӑнармалла пулӗ. Май, самант килсе тухнӑран ҫеҫ халӑхпа-ши вӑл?

Чикансен пӑхӑманлӑхне вӗсен юрри-ташши (кӗввисене Юрий Лебедев йӗркеленӗ) урлӑ сӑнланӑ режиссер ҫав вӑхӑтрах философилле монологсене те куракан илтмелле-ӑнланмалла янӑраттарайнӑ.

Хурлӑхлӑ хайлав, тенӗ жанрне палӑртса.

Юмахла хайлавпах чӑн пурнӑҫӑмӑрти чылай кӑткӑс ыйтӑва хускатма пултарни артист-режиссер ӑсталӑхӗ ӳсннйе кӑтартать. Актерӑн талант тилхепине вӑхӑтра карт туртса илме те, кирлӗ чухне ирӗке яма та пӗлет В. Иовлев.

Иртни-паянхи-ыранхи ҫинчен шухӑшлама чӗнет спектакль. Этемӗн чун ӗненӗвне туптама йыхӑрать.

К. КИРИЛЛОВ.

*Ӳкерчӗк ҫинче: спектакльти сцена.*

Ю. Фролов фотоӳкерчӗкӗ.

# ЧИ ХАКЛИ—АННЕ ӐШШИ

Амӑшӗн ӑшшине туйса, унӑн ырӑ сӑмахӗсене итлесе ӳсме пӳрнӗ ҫын чӑннипех телейлӗ. Мӑншӗн тесен анне юратӑвӗ вӑл — нихҫан сӳнмен юрату, ачисен ҫул-йӗрне, пурнӑҫне ялан ҫутатакан, ырӑ кунҫул пиллекен юрату. Пархатарлӑ ачисемшӗн вара анне — чи хаклӑ, чи ҫывӑх ҫын.

— Питӗ тӗрӗс сӑмахсем, — тет Шупашкарти электроаппаратура заводӗнче ӗҫлекен М. Н. Митевский слесарь-вентиляционник. — Пирӗн анне — Мария Семеновна — ҫак кунсенче тӑхӑрвуннӑ тултарчӗ. Эпир — унӑн виҫӗ ывӑлӗ, кинӗсем, сакӑр мӑнукӗ тата вӗсен сакӑр ачи — вӑл паян кун та пирӗнпе юнашар пулнӑшӑн чун-чӗререн савӑнатпӑр. Тата нумай ҫул пурӑн, анне, ҫирӗп сывлӑх сунатпӑр!

Мария Семеновна Муркаш районӗнчи Вӑрманкас-Шашкарта пурӑнать. Пенсие тухсан та, нумай ҫул колхозра ӗҫленӗ. Упӑшкипе — Никифор Григорьевичпа тӑватӑ ача пӑхса ӳстернӗ. Н. Г. Митевский граждан вӑрҫине, Аслӑ Отечественнӑй вӑрҫа хутшӑннӑ, флотра службӑра тӑнӑ. 1970 ҫулта ҫӗре кӗнӗ. Митевскисем ачисене тӳрӗ чунлӑ пулма, ӗҫе юратма вӗрентсе ҫитӗнтернӗ.

## *Ҫулсем тата ҫынсем*

— Анне нихҫан вӑрҫса ятлаҫса курман, — аса илет Михаил Никифорович. — Пире те пӗр-пӗринпе, ҫынпа ӑшпиллӗ пулма ыйтатчӗ. Халӗ те кӑмӑлӗ питӗ евӗк унӑн. Кинӗсем те вӑл сивӗ сӑмахпа кӳрентернине астумаҫҫӗ.

Ачисемпе тивӗҫлипе мухтанма пултарать Мария Семеновна. Аслӑ ывӑлӗ, Олег, вӑрҫӑ ҫулӗсенче ҫӗршывӑн ҫурҫӗр чиккине хураллanӑ. Кайран, мӗн пенсие тухиччenex, Шупашкар юханшыв портӗнче ӗҫленӗ, пӗчӗк суднӑсен капитанӗ пулнӑ, ӗҫри ӳсӗмсемшӗн ӑна III степень Ӗҫ Мухтавӗн орденӗпе наградӑланӑ. Михаил пӗрремӗш ҫапӑҫӑва вунҫиччӗре, Мускав ҫывӑхӗнчи Гжель патӗнче кӗнӗ. Ҫӗнтерӗве Будапештра кӗтсе илнӗ. Вӑл — II степень Отечественнӑй вӑрҫӑ орденӗпе «Ӗҫре палӑрнӑшӑн» медаль кавалерӗ. 1952 ҫултанпа электроаппаратура заводӗнче слесарьте ӗҫлет. Унӑн ятне заводри Хисеп кӗнекине ҫырса хунӑ. Виҫҫӗмӗш ывӑлӗ, Геннади, 62-мӗш юсавпа строительство управленийӗнчи столяр-платник, III степень Ӗҫ Мухтавӗн орденӗн кавалерӗ. Хӗрӗ, Тамара, амӑшӗпе пурӑннӑ. Темиҫе хутчен те ӑна Муркаш район Совечӗн депутатне суйланӑ, хисеплӗ колхозница ятне панӑ. Анчах чире пула вӑхӑтсӑр ҫӗре кӗнӗ вӑл.

Хӗрне пытарсан, хӑйӗн ӗмӗренче пӗрремӗш хут Мария Семеновна больницӑна лекнӗ. Шыҫҫа пула унӑн сулахай урине касма тивнӗ. Амӑшне йывӑр хуйха, инкеке парӑнма паман ачисем. Ялан юнашар пулма тӑрӑшнӑ. Халӗ Мария Семеновна хӑйне аван туять. Хулана ачисем патне куҫса кайма килӗшмест. Пӗтӗм пурнӑҫӗ тӑван Вӑрманкас-Шашкарта иртнӗ те — мӗнле уйрӑлса кайӑнха унран ватлӑхра? Ачисемпе тӑванӗсем, кӳршисем нимӗнле йывӑрлӑхра та пӑрахас ҫуккине ҫирӗп шанса тӑнӑран та вырӑнтан тапранасшӑн мар пулӗ. Ачисем ӑна юратса пӑхаҫҫӗ, пӗччен хӑвармаҫҫӗ. Пенсие тухнӑ ывӑлӗсемпе кинӗсем черетпе пӑрер-икшер эрне килсе пурӑнаҫҫӗ, кӳршисем те чылай пулӑшаҫҫӗ. «Ударник» колхоз пенсионеркӑна вут-шанкӑпа вӑхӑтра тивӗҫтерет. Ҫу кунӗсенче М. С. Митевская ҫурчӗ вара ҫамрӑксен сассисемпе тулать.

А. ЛУКИЯНОВА.

● Пулни-иртни

# САЛТАК КИЛЕ ТАВРӐНЧӖ

Ҫар службин унӑн ҫавнашкал килсе тухрӗ: икӗ ҫул хушшинче вӑл Ҫӗрпӳ районӗнчи тӑван Тавӑшкассинче кӗске отпускра та пулаймарӗ. Ҫавӑнпа-и, тен, салтак ялти ҫӗнӗлӗхсене тӳрех асӑрхарӗ. Акӑ, иртнӗ ҫул кӑна ачасене йышӑннӑ икӗ хутлӑ вӑтам шкул. Унпа юнашарах — вӑрҫӑ паттӑрӗсене чысласа лартнӑ палӑк. Сӗт-ҫу ферминче тепӗр ҫӗнӗ витте тунӑ. Николай Матвеев комсомолец ҫара кайнӑ чухне, икӗ ҫул каялла, кунта пушӑ вырӑнччӗ.

Чӗрене ҫывӑх, чылайранпа курман килйыш. Салтак Тӑван ҫӗршыв умӗнчи хӑйӗн таса тивӗҫне пурнӑҫланӑ хушӑра таххҫан шӑв-шавпа янӑранӑ пӳрт пушаннӑ ӗнтӗ. Килте халӗ ашшӗпе амӑшӗ — Леонид Матвеевичпа Раиса Николаевна ҫеҫ. Иккӗшӗ те — пенсионерсем. Николайӑн аслӑ пиччӗшӗсемпе йӑмӑкӗсем ҫӗршывӑн тӗрлӗ кӗтесӗсене саланнӑ. Чи асли, Володя, Инҫет Хӗвелтухӑҫӗнче тивӗҫ флотӗнче пулӑ тытать. Юра — Совет Ҫарӗн офицерӗ, Люлӑпа Елена Шупашкарти профтехучилищӗсенче вӗренеҫҫӗ.

Запаса таврӑннӑ тусӗсемпе ҫав кунах тӗл пулчӗ Николай Матвеев. Вӗсенчен кашниех ӳтпӗвӗпе тӗрекленнӗ, лайӑх службӑшӑн ҫар мухтавӗн знакӗсем илме тивӗҫлӗ пулнӑ. Ачаран пӗрле ӳснӗ тусем, паллах, службӑри кунсене аса илчӗҫ. Пурин те каласа памалли нумай пулчӗ. Николая та хапӑллӑсах итлерӗҫ. Чикӗ хуралӗнче лайӑх енӗпе кӑна палӑрнӑ-мӗн вӑл.

Кунсем иртнӗҫемӗн, запасри рядовой Матвеев «гражданкӑри» пурнӑҫа майӗпен хӑнӑхса пычӗ. Татса памалли ыйтусем те тупӑнсах пычӗҫ: ӗҫе вырнаҫас, пӗр-пӗр документ тутарас пирки тӗрлӗ ҫӗре ҫитмелле.

Вӑл кун Николай Ҫӗрпӳ хулине кайнӑччӗ. Киле каҫа юлса, Ҫӗрпӳрен Ҫӗнӗ Шупашкара каякан автобуспа таврӑнатчӗ. Ҫулӗ ытла та пӑрлак пулнӑран водитель автобуса хытах хӑваламарӗ. Ҫапах та Тавӑшкасси патне ҫывхараспа автобус тӑрукках чӗтренсе илчӗ, водитель кабини хыттӑн шатӑртатрӗ. Авари! Хыҫалта ларса пынӑ Николай тӳрех водитель патне ыткӑнчӗ. Лешне лапчӑннӑ автобус ҫамки ларкӑч хыҫӗ ҫумне хӗстерсе лартнӑ, хускалаймасть те. Пичӗ-куҫӗ аманнӑ, юнланнӑ. Автобус ҫулне хӑватлӑ трактор пӳлсе хунӑ иккен. Пассажирсем пулӑшнипе Николай суранланнӑ водителе кабинӑран кӑларчӗ те, хирӗҫ килекен автомашинӑна чарса, Ҫӗрпӳ больницине леҫрӗ.

Киле вӑл ҫурҫӗр ҫитеспе тин таврӑнчӗ: Тавӑшкасси енелле рейс автобусӗсем ҫӳреместчӗҫ ӗнтӗ.

Ҫакӑн пек инкеклӗ самантра водителе ытти пассажирсем те пулӑшма пултарни пирки иккӗленместпӗр. Анчах та Николай Матвеев ҫав ответлӑха пуринчен малтан хӑй ҫине илни унӑн ҫарти пиҫӗлӗхӗ тата граждански тивӗҫ туйӑмӗ ӳсни ҫинчен калать. Апла-тӑк, ӑна кулленхи пурнӑҫра йывӑрлӑхсене ҫӗнтерме те ҫӑмӑлрах пулӗ.

А. МОКИН.

*Спорт* ═══ *Спорт*

# ҪИТӖНӲ ВӐЙ-ХАЛ ХУШТӐР

**Мускаври тухса тӑракан «Ҫӑмӑл атлетика» журналӑн черетлӗ номерӗнче, 1989 ҫулхи кӑтартусене пӗтӗмлетсе, чи пултаруллисен списокӗсене пичетлесе кӑларнӑ. Вӗсенче ҫӑмӑл атлетикӑн пур енӗсене те шута илнӗ, ҫитӗннисене ҫамрӑксенчен уйӗрса, кашни спортсмен миҫе ҫултине, вӑл ӑҫта пурӑннине, ҫулталӑк хушшинчи унӑн чи лайӑх кӑтартӑвне палӑртнӑ.**

Чӑваш педагогика институтӗнчен вӗренсе тухнӑ Н. Чамеев 1989 ҫулхи июлӗн 23-мӗшӗнче Горькире иртнӗ СССР чемпионатӗнче 10.000 метра 28 минут та 49,78 ҫеккунтра чупса тухнӑ. Ун чухне пирӗн ентеш чемпион ятне ҫӗнсе илнӗччӗ, анчах та сезонти мӗнпур ӑмӑртусенчи результатсене шута илсен, Н. Чамеев вӑйлисен списокӗнче пиллӗкмӗш йӗрке ҫеҫ йышӑнать. Вӑлах 5.000 метра чупассипе ҫӗршывӗпе саккӑрмӗш результат кӑтартнӑ пулнӑ.

Тепӗр дистанци — 1500 метр. Ку енӗпе пӗрремӗш вырӑнта Мускав облаҫӗнчи тӗнче класлӑ спорт мастерӗ С. Афанасьев, тесе ҫырнӑ. Сергей — пирӗн ентеш, Красноармейски районӗнче ҫуралса ӳснӗ. Мӑн Шетмӗри вӑтам шкулта вӗреннӗ чухнех ялӑх мар результатсем кӑтартнӑ. Асӑннӑ дистанцирех Ҫӗнӗ Шупашкарти СССР спорт мастерӗ О. Игнатьев 22-мӗш йӗркене йышӑнать.

СССР чемпионатӗнче пӗлтӗр Шупашкарти энергетика техникумӗнче вӗренекен В. Андреев, 20 километра утассине пӗрремӗш вырӑна тухса, пысӑк ҫитӗнӳ тунӑччӗ. Сезонти стартсене пурне те шута илсен, Елчӗк районӗнчи Лаш Таяпа качча ҫӗршывӗпе виҫҫӗмӗш результат кӑтартнӑ. Красноармейски районӗнчи Карай ялӗнчи А. Григорьев — вунҫиччӗмӗш вырӑнта. Ялти ҫӑмӑл атлет тепӗр дистанцире вара — 50 километра утассипе — самаях ӳсӗмле «сӗкленме» пултарнӑ, тӑваттӑмӗш вырӑн йышӑннӑ. Сӑмах май каласан, Григорьев вӑрӑм марафона РСФСР чем-

вӑл хӑйӗн «спорт ҫулне» вӗҫлерӗ, тренерта ӗҫлеме тытӑнчӗ. Асӑннӑ дистанцире паян пултаруллисен шутне пирӗн тепӗр ентеш — В. Николаев кӗрет.

Хӗрарӑмсен списокӗнче те чӑваш ҫӑмӑл атлечӗсен хушамачӗсем пур: А. Иванова (хӑвӑрт утасси), вӑрӑм дистанцисене чупакансем Н. Ильинапа В. Егорова. Ҫамрӑксен ушкӑнӗсенче палӑрнӑ спортсменсем ҫӑмӑл атлетикӑна юратакансене уйрӑмах савӑнтараҫҫӗ. Шупашкарти тӗрлӗ вӗренӳ заведенийӗсенче вӗренекенсем Л. Алексеева, И. Никифорова, Н. Гусельщикова, О. Егорова, Ю. Майоров, Г. Трофимов, А. Архипов, В. Евдокимов, Р. Шивирева, тен, тепӗр темиҫе ҫултан ҫитӗннисем хушшинче те хисеп пьедесталӗ ҫинче тӑма тивӗҫлӗ пулӗҫ? Шанас килет. Ҫавӑнпа пӗрлех, халлӗхе ытлашши мухтас вырӑнне, кирлӗ чухлӗ вӑй хурса, тренировкӑсемпе ӑмӑртусенче ӑсталӑха туптама сӗнес килет вӗсене. Тренерсем те, журналти списоксемпе паллашнӑ май, хӑйсен ӗҫ-хӗлне тӗрӗс хак парсан, ҫитӗнӳсемпе лӑплан ан ларччӑр.

Кӗҫех ҫӑмӑл атлетсемшӗн ҫӗнӗ календарьте палӑртнӑ ӑмӑртусем пуҫланӗҫ. 1989 ҫулхи юлашки ӑмӑрту декабрь вӗҫӗнче Ашхабадра пулса иртнӗччӗ. Унта, кросс чупассипе СССР Кубокне ҫӗнсе илессишӗн ӑмӑртса, пирӗн ентешсем намӑс курман. Чӑваш ялхуҫалӑх институчӗн студентки Н. Гусельщикова юниоркӑсен 3.000 метрлӑ дистанцине пӗрремӗш пулса тухнӑ. СССР

*ЮЛАШКИ КОЛОНКА*

## Сывлӑха ҫирӗплетме

**Болгарире икӗ пин ытла ҫӗр хӑвӑлӗ. Чи пысӑкки вӗсенчен 12100 метр тӑршшӗ. «Дружба» ят пани хӑйӗн тарӑнӑшӗпе чапа тухнӑ. Унӑн тӗпне ҫитме 130 метр анмалла. «Галашка» ҫӗр хӑвӑлӗ хӑйне евӗр тӗлӗнтермӗш. Унта вунӑ пине яхӑн ҫара ҫерҫи пурӑнать. Ҫӗршывра пысӑк ҫӗр хӑвӑлӗсемпе ҫынсен сывлӑхне ҫирӗплетме те усӑ кураҫҫӗ. Унти сывлӑш астма чирне лайӑх сиплет.**

## Пӗр-пӗрне ӑнлансан

**Бурга хулинчи Хайнц Майнард зоолог хир сыснисем пек нӑрхлатма вӗреннӗ. Выльӑхсем нӑриклетни тӑрӑх вӑл чӗрчунсен савӑнӑҫне е хӑрушлӑха кӗрсе ӳкнине палӑртма пултарать.**

**Чӗрчунсен чӗлхи вунӑ сасӑран тӑрать. Вӗсене Хайнц Майнард магнитофон ҫине ҫырса илнӗ те мӗне пӗлтернине палӑртса тухнӑ. Сапла вара вӑл ирӗкре ҫӳрекен выльӑхсемпе те часах «туслашма», «каласма» пултарать. Хир сыснисем хӑйсен хаярлӑхӗпе палӑрса тӑнине шута илсен, ҫакӑ питех те тӗлӗнмелле.**

## Ӑслӑ телевизор

**Японири «Тосиба Кикай» фирма «ӑслӑ» телевизор туса кӑларма тытӑннӑ. Электронлӑ «пуҫ мими» вырнаҫтарнӑ аппарат автоматла ӗҫлеме тытӑнсан, кил хуҫисене сывлӑх сунать, телепередача пуҫланни ҫинчен пӗлтерет. Енчен те кам та пулин «кӑвак экран» умӗнчи телевизортан ҫывӑхра ларать пулсан, аппарат ҫакна ҫийӗнчех «асӑрхать», экран умӗнчен куҫма сӗнет. Касхине «ӑслӑ ещӗк» сасса пӗчӗклетме хушать. Сывӑрас умӗн телекуравҫӑсене лӑпкӑ ыйхӑ сунать.**

## Апельсин хуппинчен

**Федеративлӑ Германи Республикинчи сад ӑстисем апельсинӑн ҫӗнӗ сортне шутласа кӑларнӑ. Йывӑҫӑн ҫимӗҫ хуппи ҫирӗп пулнине шута илсе, унтан тир пек материал тума пулать иккен. Апельсин хуппинчен тунӑ тир [illegible] чылай вӑхӑт упранать.**

## Янтарь мастерскойӗ пулнӑ

**Висла юханшывӗ темиҫе юппа пайланнӑ тӗлте археологсем неолит тапхӑрӗнче чуллансаларнӑ йывӑҫ сухӑрӗнчен тунӑ [янтарь] икӗ пине яхӑн япала тупнӑ. Ученӑйсем палӑртнӑ тӑрӑх, ҫав янтарьсене ҫӗнӗ эрӑченхи**

Виҫпӳрт Шӑмӑршӑ илемлӗ ҫӗрте вырнаҫнӑ: йӗри-тавра вӗҫӗ-хӗррисӗр уй, улӑхсем, аякра та мар — аслӑ вӑрман... Сакӑрвун ҫичӗ ҫулхи хисеплӗ колхозник К. Мульдюков каласа панӑ тӑрӑх, ҫак яла виҫӗ

упраса хӑварассишӗн Виҫпӳрт Шӑмӑршӑри ушкӑн нумай тӑрӑшать. Ана ертсе пыраканӗ — Н. Смирнова библиотекарь.

Коллектив историйӗ хӑйне евӗрлӗ. 1982-мӗш ҫулхи кӗр-

Юлашки вӑхӑтра фольклор ушкӑнӗ хӑйӗн репертуарне туй юрри-ташшисемпе пуянлатрӗ. Ушкӑн янӗ-сумӗ ӳснӗ май, унан йышӗ самаях нумайланчӗ. Халӗ коллективра

хӑна, ӗҫ, туй юррисене нумай пӗлет. Купаҫӑ, ялти ҫамрӑк тракторист В. Захаров чӑваш кӗввисене ӑста выляТь.

Чикрен чике юртать шурӑ

йӑлапа иртеҫҫӗ. Вӗсене тивӗҫлӗ йӗркелеме фольклор ушканӗ те вӑй ҫитнӗ таран пулӑшать. Нумаях пулмасть ансамблӗн ҫамрӑк участникӗсем

шанма-кěтме пăрахиласкерсене —енентерме тăрашаççě. Ватти калăй такакне мěльюншар хутчен' шаккасан ылтан укçа пулассa. Ача хăй вылякан шарласса, Ача хăй вылякан шартан пěлěтсем — сулхăн (ирěклěх) илсе килекен пěлěтсем — тавасса шанаççě. Актерсем çак шанаçа кăтартма пайăне туптанă. Кунта — Ваттин ăс-хакалнă. Кунта — Ваттин ăс-хакалне асахла ÿкерни те, Ача ирěклěхшěн — амăшěшěн, халăхěшěн — кěрешěве тухма хатěр пулнине çамрăклăх хěрÿлěхěпе сăнлани те.

Амăш асапне Валентина Сурикова актриса хăй чунě витěр кăларса вылять. Хěрхенме пěлмине те, хурлăхне пултарнине те, шанчăкшăн çуннине те кăтартать.

Иккěтне Хěп хурлăхне Чăваш АССР тава тивěçлě ар-

...йăмăкěсем çěршывăн тěрлě кěтесěсене саланнă. Чи асли, Володя, Иңçет Хěвелтухăçěнче тинěс флотěнче пулă тытать, Юра — Совет Çарěн офицерě, Люпăпа Елена Шупашкарти профтехучилищěсенче вěренеççě.

Запаса тавраннă тусěсемпе çав кунах тěл пулчě Николай Матвеев. Вěсенчен кашниех ÿт-пěвěпе тěрекленнě, лайăх служба ...шăн çар мухтавěн знакěсем илме тивěçлě пулнă. Ачаран пěрле ÿснě тусем, паллах, службăри кунсене аса илчěç. Пурин те каласа памалли нумай пулчě. Николая та хапăлласах итлерěç. Чикě хуралěнче лайăх енěпе кăна палăрнă-мěн вăл.

...пе Николай сураилан водителе кабинăран кăларчě те, хирěç килекен автомашинăпа чарса, Çěрпÿ больницине леçрě.

Киле вăл çурçěр çитеспе тин таврăнчě: Тавашкасси енелле рейс автобусěсем çÿреместчěç ентě.

Çакăн пек никеклě самантра водителе ытти пассажирсем те пулăшма пултарни пирки иккěленместпěр. Анчах та Николай Матвеев çав ответлăха пуринчен малтан хăй çине илни унăн çарти пиçěлěхě тата гражданла тивěç туйăмě ÿсни çинчен калать. Апла-так, йăпа кулленхи пурнăçра йыварлăхсене çěнтерме те çăмăлрах пулě.

А. МОКИН.

...Ку енěпе пěррěмěш вырăнта Мускав облаçěнчи тěнче класлă спорт мастерě С. Афанасьев, тесе çырнă, Сергей — пирěн ентеш, Красноармейски районěнче çуралса ÿснě. Мăн Шетмěри вăтам шкулта вěреннě чухнех япăх мар результатсем кăтартнă. Асăннă дистанцирех Çěнě Шупашкарти СССР спорт мастерě О. Игнатьев 22-мěш йěркене йышăнать.

СССР чемпионатěнче пěлтěр Шупашкарти энергетика техникумěнче вěренекен В. Андреев, 20 километра утассипе пěррěмěш вырăна тухса, пысăк çитěнÿ тунăччě. Сезонти стартсене пурне те шута илсен, Елчěк районěнчи Лаш Таяпа каччи çěршывěпе виççěмěш результат кăтартнă. Красноармейски районěнчи Карай ялěнчи А. Григорьев — вунçиччěмěш вырăнта. Ялти çăмăл атлет тепěр дистанцире вара — 50 километра утассипе — самаях çÿле «çěкленме» пултарнă, тăваттăмěш вырăн йышăннă. Сăмах май каласан, Григорьев вăрăм марафона РСФСР чемпионатěнче тата Евпаторире иртнě Пěтěм Союзри ăмăртура пуринчен те хăвăрт утса тухнăччě. Çăмăл мар дистанцире Патăрьел районěнчи Туçара çуралса ÿснě, халě Шупашкарти динамовец С. Титов та вăйлисен шутне кěрет.

Иртнě çулсенче çěршыври ăмăртусенче, уйрăмах 800 метра чупассипе, тěнче класлă спорт мастерě А. Миллин малти вырăнсене тухатчě. Халě ...веденийěсенче вěренекенсем Л. Алексеева, И. Никифорова, Н. Гусельщикова, О. Егорова, Ю. Майоров, Г. Трофимов, А. Архипов, В. Евдокимов, Р. Шивирева, тен, тепěр темиçе çултан çитěннисем хушшинче те хисеп пьедесталě çинче тăма тивěçлě пулěç? Шанас килет. Çавăнпа пěрлех, халлěхе ытлашши мухтас вырăнне, кирлě чухлě вăй хурса, тренировкăсемпе ăмăртусенче ăсталăха туптама сěнес килет вěсене. Тренерсем те, журналти списоксемпе паллашнă май, хăйсен ěçě-хěлне тěрěс хак паччăр, пахăрх çитěнÿсемпе лăпланса ан ларччăр.

Кěçех çăмăл атлетсемшěн çěнě календарьте палăртнă ăмăртусем пуçланěç. 1989 çулхи юлашки ăмăрту декабрь вěçěнче Ашхабадра пулса иртнěччě. Унта, кросс чупассипе СССР Кубокне çěнсе илессишěн ăмăртса, пирěн ентешсем намăс курман. Чăваш ялхуçалăх институчěн студентки Н. Гусельщикова юниоркăсен 3.000 метрлă дистанцине пěррěмěш чупса тухнă, СССР спорт мастерěн нормине туллатарнă. Чăваш государство университечěн студентки Л. Алексеева виççěмěш призер ятне илнě. Кросри кăтартусене шута илсе, Ю. Майоров юниорпа опытлă Н. Чамеева тěнчери ăмăртăва хатěрленме СССР пěрлештерěнě командин кандидачěсен шутне кěртнě.

Ю. ПЛОТНИКОВ,
çăмăл атлетика ветеранě.

...касхине «ăслă ěшěк» сасса пěчěкиетме хушать. Сывăрас умěн телекуравçăсене лăпнă ыйхă сунать.

### Апельсин хуппинчен

Федеративлă Германи Республикинчи сад ăстисем апельсинăн çěнě сортне шутласа кăларнă. Йывăçăн çимěç хуппи çирěп пулнине шута илсе, унтан тир пек материал тума пулать иккен. Апельсин хуппинчен тунă тир пушмак тěпěнче те чылай вăхăт упранать.

### Янтарь мастерскойě пулнă

Висла юханшывě темиçе юппа пайланнă тěлте археологсем неолит тапхăрěнче чулланса ларнă йывăç сухăрěнчен тунă (янтарь) икě пине яхăн япала тупнă. Ученăйсем палăртнă тăрăх, çав янтарьсене çěнě эрăчченхи 2100—1800 çулсенче тунă. Çавăнпа пěрлех çакă наукăшăн пысăк пěлтерěшлě пулнине палăртнă.

*Халăх пултарулăхě*

## ВИÇПŸРТСЕМ—ĂСТА ЮРĂÇАСЕМ

Виçпÿрт Шăмăршă илемлě çěрте вырнаçнă: йěри-тавра вěçě-хěррисěр уй, улăхсем, аякра та мар — ăслă варман... Сакăрвун çичě çулхи хисеплě колхозник К. Мульдюков каласа панă тăрăх, çак яла виçě çын пуçарса янă. Вěсенчен пěри — тěне кěмен чăваш Мэтрик. Уя пăхěнчен Чăвашкасси пулса кайнă. Тепри, Савва, Кахăрлă çырми хěррине вырнаçнă. Виççěмěшě, Ишмей, Карапай Шăмăршăран куçса килнě.

Шăмăршă районěнчи виçпÿртсем çинчен халě республикăра кăна мар, унăн тулашěнчи чăвашсем те пěлеççě. Çак ялти фольклор ушкăнě чылай çул хушши хăйсен тăрăхěнчи авалхи юрри-кěввисемпе, ăсталăхěпе таврари ял ěçченěсене те, Ульяновск, Горький облаçěсемпе Тутар республикинче пурăнакансене те час-часах паллаштарать. Коллектив пур çěрте те — кěтнě хăна.

Мěн авалтан чăваш çыннин пурнăçě, ěçě-хěлě юрăпа тачă çыхăнса тăнă. Ача чухне ăна сăпка юрри лăпканă, ÿссе çитерехпе вăйă юрри чунне илěртнě. Хěрÿ ěççи вăхăтěнче пачах урăхла юрăсем — ěç юррисем янăранă. Кěркунне, уй-хир ěçěсем вěçленсен, туй юррисем илтěннě, хěлле улах ларакан хěрсен çепěç юррисем шăраннă...

Юлашки тапхăрта, пурнăç улшăннăçемěн, юрă хăйěн малтанхи пěлтерěшне çухатрě, çавăнпа та манăçма пуçларě.

Халăхăн пуян фольклорне упраса хăварассишěн Виçпÿрт Шăмăршăри ушкăн нумай тăрăшать. Ăна ертсе пыраканě — Н. Смирнова библиотекарь.

Коллектив историйě хăйне евěрлě. 1982-мěш çулхи кěркунне ял ěçченěсемшěн йывар килнě: пěр чăрăнми çумăр çуса тăнă пирки уй-хир ěçěсем вăраха тăсăлнă. Тивěçлě канури А. Палнарова учительница пуçарнипе, колхозниксене пулăшас шутпа, пенсионерсен звенине йěркеленě. Ěç вăхăтěнче ватăсем, ěлěкхине аса илсе, юрăсем те юрланă. Сапла вара ялта фольклор ушкăнě йěркелес шухăш çуралнă. Малтан унта вунпилěк-вунçичě çын кăна çÿренě. Вěсем чăваш, вырăс, украин халăх юррисене юрланă. Пурăна киле ансамбль хăйсен тăрăхěнчи юрăсене пуçтарса репертуара кěртме пуçланă. Авалхи юрăсене аса илме ушкăна ялти ватăсем — Лукерья Савельева, Антонина Иванова, Александра Савельева — пулăшнă. Вěсем тăла, сăвай такмакěсене, утăçи, улах сăри тата ытти юрăсене кăмăлтан вěрентнě. Халě коллектив чăвашсен авалхи йăли-йěркипе çыхăннă тěрлě сценăсем кăтартса пама пултарать.

Юлашки вăхăтра фольклор ушкăнě хăйěн репертуарне туй юрри-ташшисемпе пуянлатрě. Ушкăн ячě-сумě ÿснě май, унăн йышě самаях нумайланчě. Халě коллективра çирěмěн ытла. чăвашсен авалхи юррисене ваттисемпе пěрле çамрăксем те килěштерсе юрлаççě.

Сулăна-сулăна утă çултăм,
Пěшкěнсе пěрлěхен татмарăм.
Нумай çын хушшинче эп
çÿрерěм.
Ял çине эп ятама ямарăм.

Кашни юррăн хăйěн «хуçи» пур. Вăйă юррине пуçлама, анатри чăвашсем калашле, сăвă калама, Виçпÿрт Шăмăршăра К. Н. Кузьмина пуринчен те лайăхрах пултарать. «Вăл сасă аван илет», — теççě ун пирки ушкăнра. А. Кузьмина туй юррисене, Е. Муравьева хěр йěррине чуна тыткăнлакан çепěç сасăпа юрлаççě. Пěртăван Елизаветăпа Николай Герасимовсем, А. Иванов тата М. Мокеева хăна юррисене ытларах кăмăлласçě, П. Куликов мăнкěрÿ ролěнче пултарулла. Çăмăллăн шăвать халăх ташшисенче Н. Мульдияров. Ансамблěн чи активлă участникě М. Антипова ěлěкхи хăна, ěç, туй юррисене нумай пěлет. Купаççă, ялти çамрăк тракторист В. Захаров чăваш кěввисене ăста вылять.

Чикрен чике юртать шурă
пурсуй.
Шурă кайăк йěрне йěрлесе.
Ялтан яла çÿрет маттур каччă,
Савнă сарă хěрне шыраса, —

çапла юрлаççě туй вăхăтěнче виçпÿртсем.

Фольклор ушкăнне çÿрекенсен кашнин тенě пекех авалхи тумтир. Унăн пěлтерěшне ăнланма çамрăксене ваттисем пулăшаççě. Е. Герасимовăпа М. Антипова вěсене хушпу-тухъя илемлетме вěрентеççě.

Ансамбльте чи асли — Мария Николаевна Мокеева, вăл сакăрвуннăра. Чи кěçěнни, Ирина Мулендеева, вунсаккăрта.

Фольклор ушкăнěн тěп тěллевě — чăваш халăхěн ěлěкхи йăли-йěркине, юррисене çěнěрен чěртесси, вěсене хаклама, юратма вěрентесси. Çавăнпа та виçпÿртсем ытларах халăх хушшине тухса çÿреççě. Акă, çимěк кунне ялйыш чăваш тумне тăхăнса, кас-кас тăрăх утса, ěлěкхи вăйă, хăна юррисене юрлать, ташлать. Халě ялта туйсем те чылай чухне ěлěкхи йăлапа иртеççě. Вěсене тивěçлě йěркелеме фольклор ушкăнě те вăй çитнě таран пулăшать. Нумаях пулмасть ансамблěн çамрăк участникěсем Л. Ульяновăпа А. Семенов пěрлешрěç. Фольклор ушкăнě вěсене туй туса пама самай тăрăшрě. Паллах, ансамбле яшкěрěм хутшăнни аслисене савантарать. «Пирěн халăх юррикěвви арурар-ăрăпа куçса пырасса шанасах таратпăр», — тет ансамбль руководителě Н. Смирнова.

1987-мěш çулта Виçпÿрт Шăмăршăри фольклор ушкăнě халăх пултарулăхěн Пěтěм Союзри II фестивалěн лауреачě пулса тăчě. Çак хисеплě ята илме чăннипех те тивěçлě.

Ансамбль руководителěн пысăк ěмěт пур. Елěк виçпÿртсен йыхрав юрри пулнă, тет. Аслă мăнкун каччăсем çие капăр тумтир, алла шурă перчетке тăхăнса, юлашутсем çине ларса хěрсен килě умěнче юрăсем юрланă, тет. Çав юрра питě вěренесшěн ансамбле çÿрекенсем. Ěмěтсем пурнăçланаççě. Ушкăн репертуарě çывăх вăхăтрах çěнě юрăпа пуянланасса шанас килет.

С. ЛАВРЕНТЬЕВА.

## КАРТТĂПА ТА, КОМПАСПА ТА

Шупашкар çывăхěнчи вăрманта хěллехи ориентировани енěпе Чăваш АССР чемпионатне ирттерчěç. Кăçалхи ăмăртусен программи, иртнě çулхи стартсемпе танлаштарсан, чылай пуянрах пулчě.

Пěррěмěш кунхине спортсменсем палăртнă направленипе ăмăртрěç. Умра — темиçе йěлтěр йěрě, вăрманта аташса кайма та пулать. Карттăпа тата компаспа пěлсе усă куракансем вара контрольнăй пунктсене (КП) пурпěрех час тупаççě. Çăмăл мар дистанцире Шупашкарти агрегат заводěнче ěçлекен Н. Павловпа В. И. Чапаев ячěпе хисепленекен производство пěрлешěвěнчи СССР спорт мастерě М. Конюхова пысăк ăсталăх кăтартрěç. Чăваш АССР чемпионěсен ятне çěнсе илчěç.

Иккěмěш кунхине ориентировщиксем паллă тунă (маркировка) трассăпа ăмăртрěç. Биатлонри пекех: йăнăшрăн пулсан, штраф çаврăмěсем тăрăх чуп. Çак интереслě эстафетăлла ăмăртусенче малти вырăнсене В. И. Чапаев ячěпе хисепленекен тата «Шупашкарти промышленность тракторěсен завочě» производство пěрлешěвěсен командисем йышăнчěç. Арçынсен, çавăн пекех хěрсен ушкăнěсенче виççěмěш вырăнсене Елчěк районěн командисем йышăнчěç.

В. ГАВРИЛОВ,
СССР спорт мастерěн кандидачě.

Кусем мěнле качакасем?

Председатель ěни...

Г. Яковлев ÿкерчěкě.

## РЕДАКЦИН ОБЩЕСТВĂЛЛА ЙЫШĂНУ ПŸЛЕМĚНЧЕ

Çитес эрнере — январěн 16-мěшěнче, ытларикун, редакцин йышăну пÿлěмěнче граждансене Чăваш АССР прокурорěн аслă помощникě Вячеслав Германович ВАСИЛЬЕВ йышăнать.

Йышăну пÿлěмě Пичет суртěнче вырнаçнă, 10 сехетрен пуçласа 13 сехетчен ěçлет.

Унăн адресě: 428019, г. Чебоксары, проспект Ивана Яковлева, 13, Дом печати, 1 этаж, комната 112. Приемнăй телефонě — 21-22-94.

Редактор А. П. КАЗАНОВ.

## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем пěлтернě тăрăх, паян кăнтăрла пирěн республикăра улшăнса тăракан пěлěтлě çанталăк пулать, юр çумасть. Çил çурçěр-хěвеланăçěнчен çеккунтра 7—12 метр хăвăртлăхпа вěрет. Сывлăш температури республикăра 30—32 градус сивě пулать.

Январěн 11-мěшěнче уйăх тулнă. Паян кун тăршшě 7 сехет те 32 минут. Хěвел 16 сехет те 25 минутра анать.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

ВЫРСАРНИКУН. ЯНВАРЕН 14-МЕШЕ

ПЕРРЕМЕШ ПРОГРАММА

8.00 — Спорт пурин валли те.
8.20 — «Спортлото» тиражě.
8.30 — Ритмикăллă гимнастика.
9.00 — «С утра пораньше». Ачасем валли савăнăçлă передача.
10.00 — Тăван çěршыв службинче.
11.00 — Ирхи савăнăçлă программа.
11.30 — Сулсÿревçěсен клубě.
12.30 — «На всю оставшуюся жизнь...» Тăватă сериллě илемлě телефильм. 3 тата 4 серисем.
14.35 — Музыка кноскě.
15.05 — Сывлăх.
15.50 — «Ял сехечě» панорама.
17.05 — Ачасем валли хатěрленě информаципе публицистика программи.
19.00 — Вырсарникунхи кинозал. «Обыкновенное опасное приключение». Мультфильм.
19.30 — «Софья Петровна». Илемлě телефильм.
21.00 — «7 кун».
22.00 — Вырсарникунхи нравственность проповечě.
22.15 — «Ах, если бы нам оглянуться назад..» Театрти тěлпулусем синчен.

ИККЕМЕШ ПРОГРАММА

8.00 — Ирхи зарядкăна тăрăр!
8.15 — Мультфильмсем: «Трое из Простоквашино», «Каникулы в Простоквашино».
8.50 — «Старые долги». Илемлě фильм, субтитрсемпе.
10.15 — «Сердце Гэсэро». Телеспектакль. Читаран.
11.30 — Сулсÿревçěсен клубě.
12.30 — «Семье» телепрограмма.
13.50 — Документлă фильм. Амур синче гидроузелсем туни мěн патне илсе пыни синчен.
14.10 — Иллюзионист аттракционě.
14.30 — «Эфирта — Совет Российи» Видеоканал.
17.00 — «Планета».
18.00 — Йěлтěр спорчě. Тěнче кубокě. 15 км. Хěрарăмсем.
19.30 — «Спорт пурин валли те».
20.00 — Ырă кас пултăр, ачасем!
20.15 — «Под знаком «Пи» передача страницисем тăрăх.
21.00 — «7 кун».
22.00 — «Иллюзион». «Ночь». Илемлě фильм. (Итали киноискусстви).

## РАДИО

ВЫРСАРНИКУН. ЯНВАРЕН 14-МЕШЕ

7.30 — «Коммунизм ялавě» хаçата пăхса тухни. 7.40 — Ирхи концерт. 7.53 — 8.00 — Пěлтерÿсем. 8.15 — 9.00 — «Атăлпа Урал хушшинче». Радиожурнал. (Хусанран) 14.00 — 15.00 — «Тапах, музыка» Эстрада концерчě (стерео). 18.00 — «Хатěр пул!» Радиожурнал. 18.30 — Т. Чумакова юрлать 18.50 — Рекламăпа пěлтерÿсем. 19.00 — Мускав передачисем. 19.45 — 20.45 — Микрофон умěнчи театр. Л. Таллеров. «Юхать юханшыв». Инсценировка.

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĚПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĚ — январěн 14-мěшěнче кăнтăрла «Укçа чул кастарать» комеди, каçхине «Кěлленнě юрату» драма, январěн 16-мěшěнче «Качча каяссăм килет» комеди.

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĚ — январěн 16-мěшěнче «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» драма.

ЧĂВАШ САМРАКĚСЕН ТЕАТРĚ — январěн 14, 15-мěшěсенче «Çурçěр хыççăнхи апатлану» драма премьери.

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĚ — январěн 14-мěшěнче кăнтăрла «Сарпике» балет-юмах, каçхине «Холопка» оперетта.

Каçхи спектакльсем 19 сехетре пуçланаççě.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Однажды в Америке» — 9.00, 15.00, 19.00; «В крайнем случае я тебе ничего не скажу» — 13.00; ыран «Однажды в Америке» — 9.00, 15.00, 19.00; «Смиренное кладбище» — 13.00. Кěрен зал: «Полет навигатора» — 9.00, 10.50, 12.40, 14.30, 16.20, 18.20; «Деревенька моя центральная» — 21.00; ыран «Месть и закон» — 12.10, 15.10, 17.40, 20.20.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Жикина династия» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00; ыран «Брак с выходными днями» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00. Вăтам зал: «Три толстяка» — 10.00, 12.00, 14.00; «Наваждение» — 16.30, 18.30; «Брак с выходными днями» — 20.30; ыран «Путешествие пана Кляксы» — 10.30, 14.30; «Жизнь по лимиту» — 12.30, 18.30, 20.30; «Игла» — 16.30. Пěчěк зал: «Виктор Астафьев». «Нет мне ответа» — 9.00; «Наваждение» — 10.30, 12.30; «Интердевочка» — 14.30, 17.15, 20.00; ыран «Полет навигатора» — 10.00, 12.00, 14.00, 16.00, 18.00; «Игла» — 20.00.

ПИРЕН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителěсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнăç пайě — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайě — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайě — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайě — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ěçěпе социаллă пурнăç пайě — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайě — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайě — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайě — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчěк), 4-34 (Етěрне) тата 2-26-30 (Сěнтěрвăрри); издательство директорě — 21-00-23; пěлтерÿсен пайě — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийě — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзěн правленийě — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйě — 21-22-94.

Хаçат туитикунсăр пуçне куллен тухать.

НТ 34029. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 194.